ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛĔШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул Январь 7 юнкун № 5 (8914)

35-мĕш çул тухать. Хакĕ 20 пус.

## Паянхи номерте:



# СУЙЛАВ КОМИССИЙĔСЕМ

Вырăнти Советсен суйлавне хатĕрленнĕ май, совет çыннисем Сталин юлташ 15 çул каялла, 1937 çулхи декабрĕн 11-мĕшĕнче суйлавçăсен умĕнче каланă сăмаха тепĕр хут аса илеççĕ. «Тĕнчере,— тенĕ И. В. Сталин,—çакăн пек ирĕклĕ, чăннипех демократиллĕ суйлавсем нихçан та пулман-ха, нихçан та! Истори ун пек тĕслĕх урăх пĕлмест. Ĕç кунта пирĕн суйлавсем пурне те тивĕç, пĕр тан, вăрттăн, тӳррех суйламалли йĕркепе пулассинче мар,—ку вăл хăех те питĕ та пысăк вырăн йышăнса тăрать. Ĕç кунта пирĕн пурне те тивĕç суйлавсене, тĕнчери кирек хăш çĕршыври суйлавсемпе танлаштарсан та, вĕсенчен ытларах ирĕклĕ, ытларах демократиллĕ ирттерминче пулать».

Вырăнти Советсен суйлавĕ Сталин юлташăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă гениллĕ произведенийĕ тата Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕн историллĕ решенийĕсем совет çыннисен политикăллă тата производствăллă активлăхне нихçанхинчен ытларах ӳстернĕ условисенче пулса иртет.

Суйлав ячĕне социализмлă ăмăрту çĕнĕ вăйпа саралать. Чылай предприятисен коллективĕсем Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсене чыслăн пурнăçлама обязательствăсем йышăнса, суйлав умĕнхи стахановла вахтăна тăчĕç. Колхозлă ял ĕçченĕсем те парти кăтартăвĕсене вăхăтра тата лайăх пурнăçлассишĕн кĕрешеççĕ. Вĕсем вăрман хатĕрлев планне хăвăртрах пурнăçлама, вырăнти Советсене суйламалли кун тĕлне çуракине пĕтĕмпех тата тĕплĕн хатĕрленсе çитме сăмах параççĕ. Суйлав умĕнхи пухусенче социализмлă общество ĕçченĕсем хăйсен моралĕ-политикăллă пĕрлĕхне тепĕр хут кăтартса параççĕ.

Ĕçсыннисен пухăвĕсем, парти, профсоюз, комсомол тата ытти обществăллă организацисем районти, хулари, ялти, округри тата участокри суйлав комиссийĕсенче ĕçлеме чи лайăх çынсене уйăраççĕ.

Суйлава тĕплĕн хатĕрленес, ăна лайăх иртттерес ĕçе йĕркелесе пырасси, пур суйлавçăсене те суйлава активлă хутшăнма, Тăван çĕршыв умĕнчи пархатарлă тивĕçе—суйлав правине пурнăçлама условисем туса парасси—суйлав комиссийĕсем умĕнче тăракан хисеплĕ те ответлă ĕç.

Чăваш АССР ĕçсынни депутачĕсен район, хула, ял тата поселок Совечĕсене суйламалли Положенире кăтартса панă тăрăх, районти суйлав комиссийĕ район территорийĕнче суйлав законне тĕрĕс пурнăçласа пынине сăнаса тăрать; ĕçсынни депутачĕсен районти Советне суйлас тĕлĕшпе ĕçлекен суйлав комиссийĕсем тĕрĕс мар ĕçленисем çинчен панă жалобăсене пăхса тухать; суйлавçăсен списокĕсене вăхăтра тунине тата вĕсем çинчен пурне те пĕлтернине сăнаса тăрать; суйлав участокĕсене вăхăтра тунине асăрхаса тăрать, суйлав бюллетенĕсем хатĕрлет; ĕçсынни депутачĕсен районти Советне суйланă депутатсене регистрацилет; ĕçсынни депутачĕсен районти Совечĕн мандат комиссине суйлав делопроизводствине парать. Хулари суйлав комиссийĕ те хăйĕн территорийĕнче çав ĕçсенех туса пырать.

Ялти е поселокри комисси суйлавсем пынă вăхăтра суйлав Положенине тĕрĕс пурнăçласа пынине сăнаса тăрать; ĕçсынни депутачĕсен ял е поселок Советне суйлас тĕлĕшпе ĕçлекен суйлав комиссийĕсем тĕрĕс мар ĕçленисем çинчен панă жалобăсене пăхса тухать; суйлав бюллетенĕсем хатĕрлет, вĕсене участоксенчи суйлав комиссисене парать; ĕçсынни депутачĕсен ял е поселок Советне суйланă депутатсене регистрацилет; суйлав делопроизводствине ял е поселок Совечĕн мандат комиссине парать.

Ĕçсынни депутачĕсен ялти, поселокри Советне суйламалли округри комиссисем кандидатсене регистрацилеççĕ; округ тăрăх суйлав результачĕсене палăртаççĕ; суйлав результачĕсем çинчен материалсем тăратаççĕ, суйланнă депутата ăна суйлани çинчен удостоверени параççĕ; суйлав делопроизводствине тивĕçлĕ Совечĕн исполкомне тăратаççĕ. Район е хула Советне суйламалли округри комисси, халĕ асăннă ĕçсене тунисĕр пуçне, участоксенчи суйлав комиссийĕсене суйлав бюллетенĕсем парать.

Участокри суйлав комиссийĕ çак ĕçсене тăвать: суйлавçăсен списокĕнчи тĕрĕсмарлăхсем çинчен заявленисем йышăнать тата вĕсене пăхса тухма список тунă ĕçсынни депутачĕсен Совечĕн исполкомне тăратать; суйлав участокĕ тăрăх суйлав бюллетенĕсене йышăнать, ĕçсынни депутачĕсен район, хула, ял поселок Советне депутата суйлама тăратнă кашни кандидатшăн панă сасăсене шутласа тухать; тивĕçлĕ округри суйлав комиссине сасăланин протоколне тăратать.

Суйлав комиссийĕсене совет халăхĕ пысăк та ответлă ĕç шанса пачĕ. Суйлав комиссийĕсен вырăнти Советсен суйлавне пур енчен те лайăх хатĕрленсе иртттерме, суйлав законне тĕрĕс пурнăçласа пыма тăрăшас пулать.

Суйлав комиссийĕ ăнăçлă ĕçлесси вăл хăйĕн ĕçне лайăх организацилениччен килет. Суйлав комиссийĕсен хăçан, ăçта тата мĕнле ĕç туmallине малтанах палăртса хумалла. Кашни комиссин тĕплĕ шухăшласа хатĕрленĕ ĕç планĕ пулмалла. Ĕç планĕ çинчен, унта мĕнле ĕçсем тума палăртни çинчен суйлав комиссийĕн кашни членĕ пĕлсе тăтăр.

Суйлав комиссийĕсенче халиччен те çак ĕçе хутшăннă, ку ĕçе лайăх пĕлекен опытлă çынсем сахал мар. Вĕсем çак ĕçре пухнă пуян опытпа комиссире малтанхи хут ĕçлекен юлташсене паллаштарас, ĕçлеме вĕрентес пулать.

Партипе совет органĕсем, обществăллă организацисем суйлав комиссийĕсене кулленхи ĕçре пур майсемпе пулăшса пыма тивĕçлĕ. Вырăнти Советсен исполкомĕсен çак кунсенчех комиссисен председателĕсемпе секретарĕсен канашлăвĕсене иртттереççĕ. Çав канашлусене иртттерме пур енчен те кирлĕ пек хатĕрленмелле. Канашлусенче суйлав комиссийĕсен председателĕсемпе секретарĕсем мĕнле ĕçсем тумаллине тата мĕнле ĕçлемеллине лайăх ăнланса илме пултарччăр. Вĕсене вăхăтран вăхăта пухса инструктивлă канашлусем иртттерни суйлава хатĕрленес ĕçри çитменлĕхсене çийĕнчех пĕтерсе пыма пулăшĕ.

Вырăнти Советсен исполкомĕсен комиссисене ĕçлеме условисем туса пама, суйлав участокĕсем валли тивĕçлĕ оборудовани уйăрса пама тăрăшас пулать. Вырăнти Советсен исполкомĕсен, суйлав комиссийĕсен пĕтĕм ĕçĕнче совет суйлавçишĕн хытă тăрăшни уççăн палăрса тăтăр.

Суйлав кампанийĕ вырăнти Советсен ĕçне вăйлатма, ĕçсыннисене умра тăракан хуçалăхлă-политикăллă задачăсене вăхăтра тата пысăк пахалăхпа пурнăçлама мобилизациleme пулăштăр, вĕсен творчествăллă пултарулăхне аталантарса тата ĕçри хастарлăхне хавхалантарса пытăр.

Пирĕн çĕршывра вырăнти Советсене суйлама пĕтĕм халăх хутшăнать. Суйлава хатĕрленнĕ вăхăтра тата суйлав кунĕнче совет халăхĕ Сталин юлташăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă гениллĕ произведенийĕнчи кăтартăвĕсене тата партин XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсене пурнăçлама чунтан-чĕререн тăрăшса тимлĕн ĕçленине тепĕр хут кăтартса парĕ. Совет çыннисем суйлав кунне ĕçри çĕнĕ çитĕнӳсемпе кĕтсе илĕç.

## Учительсен январьти канашлăвĕсем

МУСКАВ. Январĕн 5-мĕшĕнче Мускаври Дзержински, Красногвардейски тата Фрунзенски районсенче учительсен январьти канашлăвĕсем уçăлнă. Канашлусенче Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсем тăрăх шкулсем умĕнче тăракан задачăсем çинчен сӳтсе яваççĕ. Канашлусен ĕçне учительсем, шкулсен директорĕсем тата вĕренӳ пайĕсен заведующийĕсем, старши пионервожатăйсем, парти, комсомол тата профсоюз организацийĕсен представителĕсем хутшăнаççĕ.

Январĕн 6-мĕшĕнче столицăри Сталински, Пролетарски, Ждановски, Коминтерновски, Куйбышевски, Свердловски тата ытти районсенче учительсен январьти канашлăвĕсем уçăлнă.

АЛМА-АТА, январĕн 5-мĕшĕ. Паян хулари Сталински районта учительсен январьти канашлăвĕ уçăлнă. Канашлăва пухăннисем пĕрлехи ларура партин Сталински райкомĕн секретарĕ Петрова юлташ тунă доклада итленĕ. Вăл пурне те вăтам шкулсенче вĕрентес тата шкулсене политехнизацилеме хатĕрленес тĕлĕшпе шкулсемпе сӳтĕç органĕсем умĕнче тăракан задачăсем çинчен каласа панă.

Сталински районта 16 шкул шутланать. Учительсем 500 çын ытла çамрăк ăрăве воспитани парас тĕлĕшпе ĕçлеççĕ. Нумай шкулсем вĕренĕве политехнизацилес енĕпе ĕçлеме пуçланă.

Канашлу виçĕ кун пырать. Паян Казахстанри пур районсенче те учительсен канашлăвĕсем уçăлнă. Канашлусене учительсем 60 пин çынна яхăн хутшăнаççĕ. (ТАСС).

## „Композитор Глинка" кинофильм чăвашла

«Союзмультфильм» киностудийĕ кăсалхи январĕн 2-мĕшĕнче «Композитор Глинка» кинофильма чăвашла кăларнă.

«Композитор Глинка» кинофильма вырăсларан чăвашла режиссер Евгенев, сасăсен операторĕ Фильчиков ертсе пынипе, Чăваш Академи театрĕн артисчĕсем хутшăннипе тунă.

Комисен кинофильма окрайсем çине кăларма йышăнчĕ.

## „Халăхсем хушшинчи мире çирĕплетнĕшĕн" памалли тĕнчери Сталинла премисем тĕлĕшпе ĕçлекен Комитетра

# Индири обществăллă деятеле Сайфуддин Китчлуна Тĕнчери Сталинла преми пани

Кăçал январĕн 5-мĕшĕнче Кремльте, Свердловски залра, «Халăхсем хушшинчи мире çирĕплетнĕшĕн» памалли тĕнчери Сталинла премие Индири паллă обществăллă деятеле, Пĕтĕм Индири Мир Совечĕн председательне Сайфуддин Китчлу доктора панă.

Кăнтăрла иртсен 2 сехет тĕлне залра Мире хӳтĕлес тĕлĕшпе ĕçлекен Совет Комитечĕн, фашизма хирĕç кĕрешекен совет хĕрарăмĕсен тата совет çамрăкĕсен комитечĕсен членĕсем, профсоюзсен тата ытти обществăллă организацисен представителĕсем пухăннă.

Азире тата пĕтĕм тĕнчере миршĕн кĕрешекен паллă çын—Сайфуддин Китчлу доктор зала кĕрсен, залра пухăннисем ăна нумайччен алă çупса кĕтсе илеççĕ. Президиум сĕтелĕ хушшинче тĕнчери Сталинла премисем тĕлĕшпе ĕçлекен Комитет председателĕ Д. В. Скобельцын академик, председатель заместителĕсем Го Мо-жо тата Луи Арагон, Комитет членĕ Илья Эренбург хăйсен вырăнĕсене йышăнаççĕ. Çавăн пекех Китайри государствăпа обществăллă паллă деятельницăна, «Халăхсем хушшинчи мире çирĕплетнĕшĕн» паракан тĕнчери Сталинла преми лауреатне Сун Цзин-лин госпожана та президиум сĕтелĕ хушшине ларма чĕнеççĕ. Залра пухăннисем Сун Цзин-лина ăшшăн кĕтсе илеççĕ.

Скобельцын академик çапла пĕлтерет: залра С. Китчлу докторпа пĕрле Мускава килнĕ Инди делегацийĕ пур. Çав делегаци халăхсен мире хӳтĕлес тĕлĕшпе Венăра пулса иртнĕ Конгресĕн ĕçне хутшăннă Индири миршĕн кĕрешекенсене хисеплесе тăвăллăн, нумайччен алă çупаççĕ.

Тĕнчери Сталинла премие панă чухне залра Индин Чрезвычайнăй тата Полномочнăй посолĕ К. П. Ш. Менон господин тата унăн арăмĕ пулнă.

Тĕнчери Сталинла премисем тĕлĕшпе ĕçлекен Комитет 1952 çулхи декабрĕн 20-мĕшĕнче йышăннă постановление вуласа панă хыççăн, Скобельцын академик, кĕске сăмах каласа, С. Китчлу доктора саламлать. Унтан вăл С. Китчлу доктора тĕнчери Сталинла преми лауреачĕн дипломне тата кăкăр çине çакмалли ылтăн медале парать. Çав вăхăтра тăвăллăн, нумайччен алă çупаççĕ.

Лауреата Мире хӳтĕлес тĕлĕшпе ĕçлекен Совет Комитечĕ ячĕпе **Н. С. Тихонов**, совет профсоюзĕсенчен — **Е. Т. Чередниченко**, фашизма хирĕç кĕрешекен совет хĕрарăмĕсенчен—**А. П. Холопова**, совет культурин деятелĕсен ячĕпе—**В. И. Пудовкин** саламланă.

Çавăн пекех Индирен халăхсен мире хӳтĕлес тĕлĕшпе пухăннă Конгреçне кайнă делегацин членĕ, Пĕтĕм Индири Мир Совечĕн вице-председателĕ Т. С. Кумараппа сăмах тухса каланă. Залра пухăннисем ăна ăшшăн кĕтсе илнĕ. Т. С. Кумараппа çапла каланă:

«Халăхсен мире хӳтĕлес тĕлĕшпе пухăннă Конгресне Индирен суйласа янă делегаци ячĕпе эпĕ сакна палăртасшăн: тĕнчери Сталинла премисем тĕлĕшпе ĕçлекен Комитет пирĕн делегацин пуçлăхне Сайфуддин Китчлу доктора, 1952 çулшăн хисеплĕ преми илме тивĕçлĕ çынна, пысăк чыс тунă. Çакă вăл пире питех те савăнтарать.

Китчлу докторăн пахалăхне пăхсан, çавăн пек суйласа илни мĕн тери тĕрĕс пулни çинчен каласшăн эпĕ. Пирĕн аслă çĕршыври 350 миллион çынлă халăхăн делегацийĕ тĕрлĕ мировоззрениллĕ çынсенчен тăрать. Апла пулин те Китчлу доктор пирĕнтен пĕрлĕхлĕ ушкăн тума пултарчĕ. Çакă вăл питех пысăк ĕç мар пек туйăнма пултарать, анчах та вăл çыннăн сайра пулакан пахалăхĕсене çителĕклĕ кăтартса парать. Килĕштерсе ĕçлес тĕллевпе, çак çын чи кирлине суйласа илме, пĕчĕкрех ыйтусене сирсе яма пĕлни çинчен калать. Çакă вăл миршĕн вĕрешекенĕн пĕрремĕш пахалăхĕ.

Китчлу доктор обществăллă пурнăçри чыса йышăнмарĕ, мир ĕçне суйласа илчĕ. Çакна каласа эпĕ вăрттăнлăха пĕлтерместĕп ĕнтĕ. Мир ĕçĕпе паян пĕтĕм этемлĕх хытă интересленет.

Китчлу доктор Пĕтĕм Индири Мир Совечĕн президенчĕ пулни çинчен эсир, паллах, пĕлетĕр. Çак премие пани Индире миршĕн тăракансен юхăмне çĕнĕрен хавхалантарать. Пирĕн хамăрăн мĕнпур хăватпа мир ĕçне малалла илсе пымалла. Çакă вăл питĕ кирлĕ.

Пирĕн çакăн пек шухăшлас килет: ăмăшĕ хăйĕн ачине чĕререн юратнă пекех, этемлĕх обществин членĕсем хушшинчи çыхăнусен тĕп палли вăл мир пулмалла.

Мир ĕçĕ валли ĕçлес тени мире пропагандăламаллине çеç тата кафедра çинчен мир проповечĕсем вуламаллине кăна пĕлтермест. Эпир хамăрăн пурнăçпа культурăна мир никĕсĕ çинче улăштарас тĕлĕшпе хамăрăн вăй-хала хурсан çеç çирĕп те нумай вăхăтлăха пыракан мир пулма пултарать. Хальхи вăхăтра пирĕн тимлĕх тавлашусен, аркатусен тата халăхсем хушшинчи вăрçăсен çулĕпе каять. Пирĕн хамăрăн тимлĕхе тĕрĕс çулпа илсе пымалла, творчествăллă ĕç урлă хамăрăн вăя хунине тата çӳлĕрех шая çĕклеме тăрăшмалла. Çакă вăл—пирĕн умра тăракан тĕп задача.

Эпир сирĕн çĕршывра темиçе кун пурăнтăмăр. Çак хушăра эпир сирĕн обществăна материальнăй, моральпе культура тĕлĕшĕнчен çĕнетсе улăштармалли плансем çинчен нумай пĕлтĕмĕр, чылай куртăмăр. Çынсене питĕ лайăх тăрантарас тата тумлантарас тесе, эсир çутçанталăка алла илмелли тата çутçанталăкран нумай ырлăхсем илмелли хăюллă та пысăк плансем тунă. Эсир çынсен ыйтăвĕсене тивĕçтерме таварсем туса кăларас тĕлĕшпе чаплă çитĕнӳсем тунă. Эсир радио, музыка, искусство тата вĕренӳ пулăшнипе çынсен кăмăлне улăштарас тĕлĕшпе пĕрмай тăрăшатăр. Çаксем вĕсем пурте пире эсир миршĕн тăрăшни çинчен тата çирĕпрех ĕнентерчĕç. Мир сире хăвăрăн творчествăллă ĕçе пĕр чăрмавсăр пурнăçлама май парать.

Çак тапхăрта кирек мĕнле вăрçă пулни те сирĕн плансене пăсать тата прогресс сехетне каялла куçарать. Манăн çĕршывăмра пирĕн çулпуç Махатма Ганди яланах çак тĕрĕслĕхе сарчĕ, мир тăвас тĕллевпе обществăна çĕнетсе улăштармалли план туса хатĕрлерĕ. Эсир çав тĕллевпе тăрăшнине курса, эпир питех те хытă савăнатпăр. Çакăн пек конструктивлă ĕç çынсене пĕтĕçтерет, вĕсене пĕтĕмĕшле творчествăллă интерес тавра пĕрлештерет. Çакăн пек ĕç тăвакан çынсем хăйсен хирĕçĕвĕсем çинчен манаççĕ, хăйсен проблемисене татса пама пĕр-пĕрне алă параççĕ. Сирĕн Советлă Республикăсен Союзĕ пысăк. Тĕрлĕ культурăллă халăхсем, тĕрлĕ тĕслĕ ӳтлĕ тата тĕрлĕ тĕне ĕненекен халăхсем ырлăх тăвассишĕн пĕрле ĕçленипе сирĕн çĕршыв чаплă тĕслĕх кăтартса парать. Эпир çакна шанатпăр: çавăн пек пĕрле вăй хурса ĕçлени халăхсене пĕрлештерĕ тата пĕтĕмĕшле мир пуçланни çинчен пĕлтерĕ.

Вăрçа хатĕрленме тата вăрçă вăйĕсене хирĕç тăма çынсен талантчĕсене тата вăйĕсене усăсăр мĕн тери нумай пĕтерни çинчен халĕ нумай чарăнса тăма кирлĕ мар. Вăрçа хатĕрленме çавăн пек вăй хунине пула курайманлăх тата шанманни çуралать. Çакă вăл çынсене çитмен пурнăçпа тертлентерет. Мир тата хăрушсăрлăх çĕнтерсен, пирĕн пурнăç шайĕ нумай ӳсĕччĕ тата пĕтĕм этемлĕхĕн пурнăçĕ лайăхланнă пулĕччĕ. Эпир пурте çакна лайăх ăнланатпăр. Çавăнпа та çак мир награди вăл ĕмĕтленнин пуçламăшĕ пулса тăрать; вăл мир пушисем çине тимлĕ пăхма хушать тата этемлĕх валли ырă ĕç тăвать. Сталин юлташа тата тĕнчери Сталинла премисем тĕлĕшпе ĕçлекен Комитета, çак наградăсене тунăскерсене, эпир хисеплени тата тав туни çинчен калама мана ирĕк парăр. Вĕсене 1952 çулта преми пама суйласа илнĕ ятпа саламлатăп».

Хăйĕн сăмахне пĕтерсе, Кумараппа доктор çапла калать: «Авалхи грексен савăнăçпа чыса палăртма лавр çыххисем парас йăла пулнă. Çавăн пекех, пирĕн çĕршывра награда илнисене чечексенчен тунă ярăмпа илемлетеççĕ. Эпĕ пысăк хавaслăхпа çак чечек ярăмне Китчлу доктора паратăп тата ăна пурсăмăрăн ячĕпе сывлăх сунса саламлатăп».

Кумараппа доктор Сайфуддин Китчлу хулпуççийĕсем çине чĕрĕ роза чечекĕсенчен тунă ярăм хурать. Çав вăхăтра тăвăллăн, нумайччен алă çупаççĕ. Залра пухăннисем ура çине тăрса С. Китчлу доктора тата Инди делегацине, вĕсен ячĕпе—Индин аслă халăхне саламлаççĕ. Совет çыннисем Инди халăхне чунтан-чĕререн хисеплеççĕ тата тăван пек туслăх пурăнас шухăш-кăмăлла палăртаççĕ.

Унтан тĕнчери Сталинла преми лауреачĕ С Китчлу доктор ответлă сăмах каланă. (ТАСС).

## Аслă поэта чыслаcа

ВĂРНАР. Сталин ячĕпе тăракан колхоз членĕсемпе ялти интеллигентсем вырăссен аслă поэчĕ Н. А. Некрасов вилнĕренпе 75 çул тултарнине чыслăн паллă тума хатĕрленеççĕ. Кольцовкăри вăтам шкулти учительсем И. Степашин, П. Ягушев тата В. Кузина, Н. Дормидонтова, Н. Чуракова комсомолкăсем колхозниксем хушшинче поэтăн пурнăçĕпе творчестви çинчен докладсемпе каласусем иртттереççĕ. Колхозри библиотекăра Некрасов произведенийĕсен тата поэт çинчен çырнă кĕнекесен выставкине тунă. Агитпунктра поэтăн произведенийĕсене ушкăнпа вулаççĕ. Çак кунсенче «Кому на Руси жить хорошо», «Мороз Красный нос» тата ытти произведенисене те вуласа тухнă. Колхозниксем Н. А. Некрасов произведенийĕсене юратса вулаççĕ.

Н. ЛЕОНИДОВ.

* * *

ШĂХАСАН. Районти колхозсемпе шкулсенче, учреждениsемпе предприятисенче вырăссен аслă поэчĕ Н. А. Некрасов вилнĕренпе 75 çул тултарнине паллă тума хатĕрленеççĕ. Ăвăспӳрт Кипечри тата Шăхасанти вăтам шкулсенче аслă поэт юбилейне хатĕрленнĕ май унăн произведенийĕсем тăрăх витринăсем тунă. Шкулсенче поэт юбилейĕ тĕлне литература вечерĕсем иртттерме палăртнă.

Художествăллă пултарулăх коллективĕн членĕсем поэт юбилейĕ тĕлне концерт пама хатĕрленеççĕ. Концерт программинче поэт çырнă сăвăсем тăрăх хывнă «Коробейники», «Тройка» юрăсене юрласа пама, поэт сăввисене вуласа пама палăртнă.

В. ВЕСЕЛОВ.

* * *

Чăваш педагогика институтĕнче Н. А. Некрасова хисеплесе литература вечерĕ иртттереççĕ. Аслă писателĕн пурнăçĕпе творчестви çинчен доклад итленĕ хыççăн, студентсем Н. А. Некрасовăн сăввисемпе поэма сыпăкĕсене вулаççĕ, поэт сăввисем тăрăх çырнă юрăсене юрлаççĕ.

Юбилей кунĕсенче виçĕ кафедра пĕрле «Н. А. Некрасов творчествине чăваш шкулĕнче вĕренесси», «Некрасов тата чăваш литератури», «Н. А. Некрасов чĕлхи» ыйтусем тăрăх конференци иртттереççĕ.

Литература отделенийĕнчи студентсен наукăллă обществи Н. А. Некрасов произведенийĕсем тăрăх вулакансен конференцине иртттерет.

Çак кунсенче институтăн вуламалли залĕнче поэт кĕнекисен витринине тунă.

Сывăх вăхăтрах институтра тухса тăракан «Педвузовец» «Филолог» тата ытти стена хаçачĕсен номерĕсенче Н. А. Некрасов юбилейне паллă тăваççĕ.

И. СЕРГЕЕВ.

### АВТОМАШИНĂСЕМ ТУЯНАÇÇĔ

ЧУРАЧĂК. Колхозсен хуçалăхĕ тĕреклĕнсе пынă май 1952 çулта районти 10 колхоз çĕнĕ автомашинăсем туяннă. 1952 çулхи IV-мĕш кварталта Калинин ячĕпе тăракан колхоз газогенераторлă ЗИС-352 маркăллă икĕ автомашина туянчĕ.

А. КОЛЬЦОВ.

# Вырăнти Советсен суйлавĕ умĕн

## Агитпунктра

КАНАШ. Яманкассинчи агитпункт клубăн пысăк пӳлĕмĕнче вырнаçнă. Пӳлĕме плакатсемпе, портретсемпе илемлетнĕ. Агитпункт заведующийĕ И. Мукшин юлташ тăрăшнипе кунта «Сталинла Конституци — тĕнчери чи демократиллĕ Конституци», «Пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх план» ятлă витринăсем тунă. Кашни кунах дежурнăй пур. Суйлавçăсем хăйсене интереслентерекен ыйтусем çине яланах ответсем илме пултараççĕ.

Агитпунктра агитациллĕ-массăллă ĕçе лайăх организациленĕ. Çĕнĕ хаçат-журнал, суйлав çинчен çырнă кĕнекесем нумай. Суйлавçăсем валли докладсемпе каласусем час-часах иртттереççĕ. Çак кунсенче вăтам шкул директорĕ В. Михайлов юлташ «Сталинла Конституци панă правăсем» темăпа лекци вуларĕ. Аверкиев учитель çамрăк суйлавçăсем валли доклад туса пачĕ.

Ялти агитаторсене кашни вунă кил çумне çирĕплетнĕ. Вĕсемпе канашлу тата семинар иртттернĕ. Агитаторсем суйлавçăсене совет çĕршывĕнчи суйлав йĕрки — тĕнчери чи демократиллĕ суйлав системи пулни çинчен, суйлав хăçан пуласси çинчен, тĕнчери лару-тăру çинчен каласа параççĕ.

Каçсерен, колхозниксем ĕçрен таврăнсан, суйлавçăсем агитпункта йышлăн пухăнаççĕ. Докладсемпе каласусем, Мускавран тата Шупашкартан паракан радиопередачăсене итлеççĕ.

В. ИГНАТЬЕВ.

## Участоксенчи суйлав комиссийĕсене кандидатсем тăратаççĕ

ВĂРНАР. Район Совечĕн исполкомĕ вырăнти Советсене суйлама районта 32 суйлав участокĕ тума решени йышăнчĕ. Халĕ районти колхозсенче, предприятисемпе учреждениsенче участоксенчи суйлав комиссийĕсене кандидатсем тăратас тĕлĕшпе ĕçсыннисен пухăвĕсем пулса иртеççĕ Колхозниксемпе колхозницăсем, рабочисемпе служащисем суйлав комиссийĕсенче ĕçлеме ĕçре тĕрĕсленнĕ, пултаруллă çынсене уйăраççĕ.

Кольцовкăри Сталин ячĕпе тăракан Ленин орденлĕ колхоз членĕсем Кольцовка участокĕнчи суйлав комиссине кĕртме кама уйăрасси çинчен сӳтсе явма тытăнсан, чи малтан колхозри хисеплĕ колхозникăн—80 çулхи Ефим Васильевич Ерошинăн ятне асăнчĕç.

Пухура çынсем, пурте пĕр шухăшлă пулса, Е В. Ерошин юлташа суйлав комиссине кĕртме кандидата тăратрĕç.

Пухура тата вăйлă тырпул туса илес тĕлĕшпе хастарлă ĕçленĕшĕн Ĕçлĕх Хĕрлĕ Ялав орденĕ илме тивĕçлĕ пулнă Таисия Доманинăна та, пурте пĕр шухăш-кăмăллă пулса, участокри суйлав комиссине кĕртме уйăрчĕç.

Киров ячĕпе тăракан колхоз членĕсем Анаткас Уравăш участокĕнчи суйлав комиссине кĕртме колхозри хастарлă колхозницăсенчен пĕрине—Мария Кузнецовăна тата паллă трактористкăна Таисия Бородавкинăна кандидата тăратнă.

Вăрнарти Заводской участокри суйлав комиссинче ĕçлеме завод коллективĕ паллă стахановеца Я. Михайлов юлташа, МТС коллективĕ малта пыракан трактор бригадин бригадирне И. Алексеев юлташа кандидата тăратма йышăннă.

П. ТИХОНОВ.

## Агитаторсен семинарĕ

ЕЛЧĔК. Çĕнĕ Тĕмерти агитпунктра агитаторсен семинарĕ пулса иртрĕ. Семинарта Ф. Беляев юлташ Сталинла Конституци тата вырăнти Советсен суйлавĕ çинчен. пуçламăш парторганизаци секретарĕ Н. Алексеев юлташ суйлав Положенине ăнлантарса парасси çинчен докладсем туса пачĕç.

Агитаторсем хăйсене çирĕплетсе панă участокри суйлавçăсен килĕсенче час-часах пулаççĕ. В. Григорьев юлташ колхозсем хушшинче пулас суйлав тата умра тăракан ĕçсем çинчен калаçу иртттерчĕ.

В. Ильин тата П Фролов комсомолецсем çамрăк суйлавçăсем хушшинче вырăнти Советсене суйламалли Положени тăрăх калаçусем иртттереççĕ.

Н. ФЕДОРОВ.

## Çĕнĕ çитĕнӳсемшĕн тăрăшаççĕ

Чкаловски районĕнчи Киров ячĕпе тăракан колхоз членĕсем вырăнти Советсен суйлавне ĕçри çитĕнӳсемпе кĕтсе илеççĕ.

Колхоз çитес çураки валли вăрлăх çителĕклĕ хатĕрлесе хучĕ. И. Овечкин коммунист ялхуçалăх машинисене пысăк ăсталăхпа юсать. Ялти çамрăк колхозниксемпе комсомолецсем пикенсех хире тислĕк кăлараççĕ.

Колхозниксем вăрман хатĕрлес тĕлĕшпе те пысăк хавхаланупа ĕçлеççĕ. Унта ĕçлеме 35 колхозникран уйрăм бригада тунă, ăна М. Виноградов коммунист ертсе пырать. Сывăх кунсенчех бригада йывăç касмалли плана тултарать.

Суйлав çывхарнă май политикăллă-массăллă ĕç те чылай лайăхланчĕ. Агитаторсем час-часах суйлавçăсем патĕнче пулаççĕ, вĕсене партин XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсем çинчен, суйлав йĕркисем çинчен, тĕнчери лару-тăру çинчен каласа параççĕ.

Каçсерен вулав çуртне колхозниксем нумаййăн пухăнаççĕ. Кунта вĕсем хаçат-журнал вулаççĕ, докладсемпе каласусем итлеççĕ. Комсомолецсем тĕрлĕ лозунгсем çырма пулăшаççĕ. Комсомолецсем çак кунсенче Островскин «Усрав хĕр» ятлă пьеси тăрăх спектакль лартрĕç.

Колхоз клубĕнче суйлавçăсен пухăвĕсем пулса иртрĕç. Вĕсенче суйлав комиссийĕсенче ĕçлеме представительсем уйăрчĕç.

Г. ПЛЕЧОВ.

# Аслă çулпуçăн историллĕ доклачĕ

Çирĕм çул ăлĕкрех, 1933 çулхи январĕн 7-мĕшĕнче, партин Центральнăй Комитечĕпе Центральнăй Контроль Комиссин пĕрлешӳллĕ пленумĕнче Сталин юлташ «Пĕрремĕш пилĕкçуллăхăн итогĕсем» çинчен доклад турĕ. Аслă çулпуçăмăр хăйĕн докладĕнче пĕрремĕш пилĕк çуллăх плана тултарнине, ССР Союзĕнчи ĕççыннисене çавăн пек питĕ пысăк çĕнтерӳ тума май панă тĕп вăйсене, плана тултарнин пĕтĕм тĕнчери пĕлтерĕшне кăтартса панă. Сталин юлташ партипе совет халăхне социализм çĕнтерĕвĕшĕн малалла кĕрешмелли программа панă. Çав программăна пурнăçланипе пирĕн Тăван çĕршыв хăватлă, никам çĕнтерейми социализмлă индустриллĕ-колхозлă держава пулса тăчĕ.

* * *

Пĕрремĕш пилĕкçуллăх вăхăтĕнче Коммунистсен партийĕ хамăр çĕршывра социализмлă экономика никĕсне хывмалли питĕ пысăк задачăна пурнăçланă. Пĕрремĕш пилĕкçуллăх плана 1929 çулта партин XVI-мĕш конференцийĕ йышăннă. Пилĕк çуллăх планĕн тĕп задачи хамăр çĕршыва çĕнĕ техника никĕсĕ çине куçарасси, социализмлă хăватлă индустри туса хурасси, вакланса кайнă ялхуçалăхне коллективлă шултра хуçалăх çулĕ çине куçарасси, капитализмла элементсене пĕтĕмпех хĕссе кăларасси, ССР Союзĕн оборона пултарулăхне тĕреклетесси пулнă.

Пĕрремĕш пилĕкçуллăхри тĕп задача хамăр çĕршывра хăватлă индустри—промышленноçа, транспорта, ялхуçалăхне çĕнĕ техникăпа хĕçпăшаллантарма пултаракан индустри—туса хурасси, çапла вара капитализмла элементсене пĕтерме, хамăр çĕршывра социализмлă общество тума экономикăллă условисем хатĕрлесси пулнă.

Пилĕк çуллăх плана пурнăçлама тытăнса, Ленин—Сталин партийĕ план тăрăх тумалли тĕп ĕçе чи малтан туса пынă, çапла вара плана пĕтĕмпех пурнăçламалла тунă. Пилĕк çуллăх планĕн тĕп сыпăкĕ, Сталин юлташ кăтартса панă тăрăх, йывăр промышленноçа — чи малтан машинăсем тăвакан промышленноçа аталантарасси пулнă.

Совет çыннисем паттăр ĕçленипе пĕрремĕш пилĕк çуллăх плана срокчен—тăватă çулталăк та виçĕ уйăхра тултарнă. Çĕршывра промышленноçăн çĕнĕ отраслĕсене туса хунă, вĕсем—металлурги, тракторсем, автомобильсем, станоксем тăвакан, хими, авиаци тата ытти промышленность отраслĕсем. Промышленноçран капитализмла элементсене пĕтĕмпех хĕссе кăларнă. Пирĕн çĕршыв индустриллĕ çĕршыв пулса тăнă, халăх хуçалăхĕн пĕтĕм продукцийĕн шутĕнче промышленность продукци йышăнакан вырăн пĕрмаях ӳсе пынă.

Çакă вăл ССР Союзĕн оборона хăватне ӳстерме питĕ кирлĕ пулнă. Совет Союзĕ, тесе кăтартса панă Сталин юлташ, оборона тĕлĕшпе хатĕрленмен çĕршывран, кирек мĕнле ăнсăртлăха та кĕтсе илме хатĕр тăракан, оборона валли кирлĕ хатĕрсене нумай туса хатĕрлеме пултаракан тата урăх çĕршывсем тапăнас пулсан, хамăран çар валли мĕн кирлине пĕтĕмпех туса пама пултаракан çĕршыв пулса тăнă.

Промышленность аталанса пынипе пĕрлех, пĕрремĕш пилĕкçуллăхра ялхуçалăхĕ те нумай вăйланнă. Ялхуçалăхне коллективизацилесси пĕрремĕш пилĕк çуллăх план тăрăх палăртнинчен пысăкрах хăвăртлăхпа пулса пынă. Висĕ çул хушшинче çĕршывра 200 пин ытла колхоз, 5 пине яхăн совхоз организациленĕ. Пилĕкçуллăх вĕçленнĕ тĕле ССР Союзĕнче ялхуçалăхне коллективизацилес ĕçе тĕпрен илсен туса çитернĕ. Хресчен хуçалăхĕсенчен 60 процентĕ ытла колхозсене пĕрлешнĕ. Совет Союзĕ, хресченсем вак хуçалăхсенче пурăннă çĕршывран, тĕнчери чи шултра ялхуçалăхлĕ çĕршыв пулса тăнă.

Çĕршыва индустриализацилес тата ялхуçалăхне коллективизацилес ĕçре çитĕнӳсем тунă май пĕрремĕш пилĕкçуллăхра пирĕн çĕршыври ĕççыннисен пурнăçĕ тĕпренех лайăхланнă. Рабочисем валли ĕç тивĕçменни, вĕсем ыранхи кун пирки шикленесси пĕтнĕ. Ялта чухăнсем пурте пекех колхозсене пĕрлешнĕ, çапла вара ялта пурăнавансем сукка юлса пырасси пĕтнĕ.

«Çакă вăл—питех те пысăк çĕнтерӳ, юлташсем,—тесе каланă Сталин юлташ,—ун çинчен буржуаллă государствăсенчен пĕри те, вăл чи «демократиллĕ» государство пулсан та, ĕмĕтленме пултараймасть» (Соч., 13 т., 196 стр.).

Промышленноçпа ялхуçалăхĕ продукци туса хатĕрлесси пысăккăн ӳснĕ май тата ĕççыннисен ыйтăвĕсем ӳссе пынă май пĕрремĕш пилĕкçуллăх вăхăтĕнче хулапа ял хушшинчи тавар çаврăнăшĕ чылай сарăлса вăйланнă Парти çакна тума пултарнă: хулапа ял хушшинче производствăллă çыхăну пулнă вăхăтрах, советла суту-илӳве анлăн сарса, тавар çаврăнăшĕ урлă та çыхăну тытмалла тунă. Усламçăсене суту-илӳрен хĕссе кăларнă: Социализмла промышленность, колхозсем тата совхозсем государствăна советла суту-илӳве сарса яма промышленноçпа ялхуçалăх таварĕсен питĕ пысăк резервĕсене парса тăнă.

Пĕрремĕш пилĕк çуллăх плана пурнăçласа халăх хуçалăхĕн пур пайĕсенчен те капитализмла элементсене хĕссе кăларнă. Тăшманла классен юлашкийĕсене производствăран кăларса ывăтнă, кулачествăна çĕмĕрсе тăкнă. Рабочи класс ӳссе тĕреклennĕ, совет çĕршывĕнчи хресченсем колхозсене пĕрлешнĕ хресченсем пулса тăнă.

Совет халăхĕ пĕрремĕш пилĕк çуллăх плана пурнăçлани ССР Союзне тата хăвăртрах аталантарма çул уçса панă, куна пĕрлех çак ĕçĕн пĕтĕм тĕнчери пĕлтерĕшĕ питĕ пысăк пулнă.

## И. В. Сталин юлташ «Пĕрремĕш пилĕкçуллăхăн итогĕсем» çинчен доклад тунăранпа 20 çул çитнĕ тĕле

«Истори çакна кăтартса пачĕ,—тесе каланă Сталин юлташ,—пилĕкçуллăх вăл Совет Союзĕн хăйĕн шалти ĕçĕ çеç мар, тĕнчери пĕтĕм пролетариатăн ĕçĕ пулса тăрать» (161 стр.).

Пилĕк çуллăх плана пурнăçланин итогĕсем буржуалла тата оппортунистла элеке, рабочи класс çĕнĕрен нимĕн те тума пултараймасть тесе, уйрăммăн илнĕ пĕр çĕршывра социализм тума çук, пилĕк çуллăх план пурнăçланас çук тесе элекленнине, çапса аркатнă. Пилĕк çуллăх плана пурнăçланин итогĕсем çакна кăтартса панă: рабочи класс, ĕçе хăш çулпа илсе пымаллине пĕлекен тата йывăрлăхсенчен хăраман Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе, киввине çĕмĕрсе тăкма çеç мар, çĕнĕрен тума та питĕ лайăх пултарать Пилĕкçуллăх вăхăтĕнче ССР Союзĕнче социализмăн экономикăллă никĕсне хывни Ленинпа Сталин вĕрентĕвĕ—хамăр çĕршывра социализмлă общество тума май пур тесе вĕрентни пĕтĕмпех тĕрĕс пулнине кăтартса панă.

ССР Союзĕнчи социализм строительствин çитĕнĕвĕсем капитализмлă çĕршывсенчи рабочи класа тата колонисенчи ĕççыннисене революци енне çаврма пысăккăн пулăшнă. «Пилĕкçуллăх çĕнтерĕвĕсем,—тесе каланă Сталин юлташ,—мĕнпур çĕршывсенчи рабочи класăн революцилле вăйĕсене капитализма хирĕç мобилизацилессĕ,—çакăн пек ĕнтĕ ним иккĕленме çук факт» (171 стр.).

Хăйĕн докладĕнче пĕрремĕш пилĕк çуллăх плана пурнăçлани çинчен каласа, Сталин юлташ историллĕ çĕнтерӳ тунă тĕп вăйсене те кăтартса панă. Çак вăй, чи малтан, Ленин—Сталин партийĕ чĕннипе социализм строительствин аслă планĕсене пурнăçлассишĕн кĕрешме çĕкленнĕ ĕççыннисен миллионлă массисем питĕ пысăк хаваслăхпа ĕçлени, политика енĕпе те, ĕçре те пысăк активлăх кăтартни пулнă.

Советла система малта пыракан, уйрăмах паха система пулни, йывăрлăхсене çĕнтерме пысăк майсем туса пани пилĕк çуллăх плана ăнăçлă пурнăçлама май панă.

Пĕрремĕш пилĕкçуллăхра историллĕ çĕнтерӳ туни Коммунистсен партийĕ тата Совет правительстви, массăсене малалла кайма чĕнсе, çирĕп ертсе пынинчен килнĕ. Общество аталанăвĕн законĕсене пĕлсе тăни çине таянса тата çав законсемпе усă курса, Ленин—Сталин партийĕ совет халăхне социализмăн пĕтĕм тĕнче историйĕнче палăрса тăракан пысăк çĕнтерĕвĕ патне илсе çитернĕ.

* * *

Сталин юлташ «Пĕрремĕш пилĕкçуллăхăн итогĕсем» çинчен тунă докладра марксизм-ленинизм теорийĕн паха ыйтăвĕсене сутатса панă. Вăл ыйтусем çаксем пулаççĕ: государство çинчен, пролетариат диктатури условийĕсенчи класс кĕрешĕвĕ çинчен, çĕнĕ обществăллă строя аталантарас ĕçре социализмлă харпăрлăх мĕнле вырăн йышăнса тăни çинчен, колхозсене организацийĕ хуçалăх тĕлĕшĕнчен тĕреклетессипе çыхăнса тăракан ыйтусем.

Марксизм классене пĕтересси çинчен, классăр общество тăвасси тата государство пĕтсе пырасси çинчен вĕрентнине тăшманла элементсем пăснă пулнă, вĕсене Сталин юлташ тăрă шыв çине кăларнă.

«Классене пĕтерес ĕç класлă кĕрешӳ сӳнсе пыни урлă мар, вăл пушшех те вăйланни урлă пулса пырать,—тесе вĕрентет Сталин юлташ.—Государство пĕтсе пырасси государство влаçне вăйсăрлатни урлă мар, ăна мĕн май килнĕ таранах вăйлатни урлă пулса пымалла; государство влаçне вăйлатни вилсе пыракан классен юлашкисене йăлтах пĕтерсе хума кирлĕ, капитализмлă йĕритавралăха хирĕç, халĕхе пĕтменскерне тата часах пĕтес те çукскерне хирĕç оборона организацилеме кирлĕ» (211 стр.).

Сталин юлташ хăйĕн докладĕнче, малашне пуласене витĕр курса, совет халăхĕ умне капиталистла элементсен юлашкисене хирĕç кĕрешес задача кăларса тăратнă.—вĕсем, çав капиталистла элементсем, контрреволюционер-сăтăрçăсем пулса тăнă тата социализмлă харпăрлăха вăрласа çаратма тытăннă. «Пролетариатăн вăйлă та хăватлă диктатури,—акă мĕн кирлĕ халĕ пире вилсе пыракан классен юлашкисене аркатса тусан пек вĕçтерсе яма, вĕсен вăрăлла хăтланăвĕсене çĕмĕрсе тăкма»,—тесе каланă Сталин юлташ (210 стр.).

Сталин юлташ панă ăслă кăтартусем тăрăх ĕçлесе, парти тата совет халăхĕ троцкистсемпе бухаринецсен ылханлă банлисене—тĕнчери империализма тара кĕрĕшнĕ сутăнчăксене—аркатса тĕп турĕç. Коммунистсен партийĕ ывăнма пĕлмесĕр тăрăшса социализмлă государство вăй-хăватне ӳстерсе пырать, совет çыннисене пурне те совет çĕршывĕн хĕрӳллĕ патриочĕсем пулма, революциллĕ сыхăлăха сӳлте тытма вĕрентет, массăсем хушшинче идеологиллĕ ĕçе вăйлатать, буржуалла идеологи палăрăмĕсене хирĕç хăватлăн кĕрешет.

Ленинизм идейисене аталантарса, Сталин юлташ партин XVIII-мĕш съезĕнчи докладра социализмлă государство çинчен пĕтĕмпех пулса çитнĕ вĕрентӳ туса панă коммунизм вăхăтĕнче те, капитализмлă йĕритавралăх сыхланса юлас пулсан, государство пулмалла тесе гениаллĕ вывод турĕ

«Пĕрремĕш пилĕкçуллăхăн итогĕсем» çинчен тунă докладра Сталин юлташ партипе совет халăхĕ умне социализмлă харпăрлăха çирĕппĕн сыхламалли задача кăларса тăратрĕ.

«Капитализмăн никĕсĕ уйрăм харпăрлăх пулнă пекех, пирĕн стройăн никĕсĕ обществăллă харпăрлăх пулса тăрать, —тесе вĕрентет Сталин юлташ.—Капиталистсем, уйрăм харпăрлăха таса та никам тĕкĕнмелле мар тесе пĕлтерсе, капитализмлă строя хăй вăхăтĕнче çирĕплетме пултарнă пулсан,—эпир вара, коммунистсем, пушшех те, производствăпа суту-илӳн пур пайĕсенче те хуçалăхăн социализмлă çĕнĕ формисене çирĕплетес тесе, обществăллă харпăрлăха таса тата никам тĕкĕнмелле мар тесе пĕлтермелле. Обществăллă харпăрлăха,—пурпĕрех государство харпăрлăхне-и е кооперативлă тата колхозлă харпăрлăха-и,—вăрласа çаратма ирĕк пани,—тата çавăн пек контрреволюциллĕ киревсĕрлĕхсене асăрхамасăр иртни,—обществăллă харпăрлăх çинче никĕсленсе тăракан Совет стройне çĕмĕрме пулăшни пулса тăрать». (209 стр.).

Сталин юлташ докладĕнче тата вăл ЦК пленумĕнче «Ялта ĕçлесси çинчен» каланă сăмахра социализмлă ялхуçалăхне малалла вăйлатса пыма колхоз стройне мĕнпур майсемпе çирĕплетсе пымаллине кăтартса панă. Колхоз стройĕ çĕнтернĕ май парти организацийĕсен тата Совет органĕсен ялхуçалăхне малалла вăйлатассишĕн, колхозсене ертсе пырас ĕçе лайăхлатассишĕн ответлăх нумай ӳснĕ.

«Çакă вăл,—тесе кăтартса панă Сталин юлташ,—ялхуçалăхне аталантарас ĕçре халĕ ĕнтĕ парти уйрăм пулăшусем парса пынипех чаранса тăма пултарайманнине пĕлтерет. Унăн халĕ колхозсене ертсе пырас ĕçе хăйĕн аллине илмелле, ĕçшĕн хăй çине ответлăх илмелле тата колхозниксене наукăпа техника никĕсĕ çинче хăйсен хуçалăхне малалла илсе пыма пулăшса тăмалла» (223 стр.).

Колхозсене ертсе пырас ĕçри ситменлĕхсене хыттăн критиклесе, Сталин юлташ партие колхозсене политика енĕпе тата хуçалăх енĕпе те малалла тĕреклетессишĕн кĕрешмелли программа панă. «Пĕрремĕш пилĕкçуллăхăн итогĕсем» çинчен тунă докладра тата «Ялта ĕçлесси çинчен» каланă сăмахра панă ăслă кăтартусем партие социализмлă строя малалла тĕреклетессишĕн кĕрешме хĕçпăшаллантарнă.

* * *

Çирĕм çул иртрĕ. Совет халăхĕ сталинла пилĕк çуллăх плансене ăнăçлă пурнăçларĕ. çавна май пирĕн çĕршыв сăнсăпачĕ улшăнчĕ.

«Пилĕкçуллăхсем вăхăтĕнче пирĕн совет промышленноçĕн производительнăй вăйĕсем питĕ пысăккăн аталаннине никам та йышăнмасăр тăма пултараймасть,—тесе кăтартса парать Сталин юлташ.—Анчах, эпир 1917 çулхи октябрьте кивĕ, капитализмла производствăллă хутшăнусем вырăнне çĕнĕ, социализмла производствăллă хутшăнусем туса хуман пулсан, çак аталану пулас çукчĕ. Пирĕн çĕршыври производствăллă, экономикăллă хутшăнусенче çак переворот пулман пулсан, вара пирĕн патра производительнăй вăйсем, халĕ вĕсем капитализмлă çĕршывсенче ĕнтĕркесе тăнă пекех, ĕнтĕркесе тăнă пулĕччĕç» («ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем», 61—62 стр.).

Вăрçă умĕнхи пилĕкçуллăхсем вăхăтĕнче производство питĕ пысăккăн ӳсни яланхи пек аталану кăна пулман, вăл малалла сикĕм туни пулнă, çав сикĕме тунипе пирĕн Тăван çĕршыв, ĕлĕкрех кая юлнă çĕртен, малта пыракан, пуринчен ытла çĕр ĕçĕпе пурăннă çĕршывран, индустриллĕ çĕршыв пулса тăнă. Совет Союзĕ нимĕнле тăшманран та хăраман индустриллĕ-колхозлă держава пулса тăнă.

«Пĕрремĕш пилĕкçуллăхăн итогĕсем» çинчен тунă докладра Сталин юлташ çапла каланă: «Пилĕкçуллăх итогĕсем хуçалăхăн капитализмлă системи тĕрексĕррине тата çирĕп маррине, вăл ĕнтĕ хăйĕн ĕмĕрне пурăнса ирттерсе, хăйĕн вырăнне хуçалăхăн урăх асларах, советла, социализмлă системине памаллине кăтартса пачĕç; хуçалăхăн кризиссенчен хăраман, капитализм татса пама пултарайман пысăк йывăрлăхсене çĕнтерме пултаракан, пĕртен-пĕр системи вăл—хуçалăхăн советла системи пулнине кăтартса пачĕç» (Соч., 13 т., 214 стр.).

* * *

ССР Союзĕнчи социализм строительствин историллĕ опычĕпе халăх демократи çĕршывĕсенче ăнăçлă усă кураççĕ. вĕсем социализм тумалли çул çине тăнă Пирĕн Тăван çĕршыв опычĕ урăх çĕршывсенчи коммунистсен партийĕсемпе рабочи партисемшĕн, малта пыракан пĕтĕм этемлĕхшĕн халăхсен малашнехи ыра пурнăçĕшĕн кĕрешмелли çула çутатакан çăлтăр пекех пулса тăрать.

Пирĕн социализмла индустри, колхозлă ялхуçалăхĕ пĕрмаях аталанса, тĕреклесе пыраççĕ. Çав вăхăтрах капитализмла çĕршывсен экономикине капитализмăн пĕтĕмĕшле кризисĕн хĕскĕчĕ хĕстерет, çав кризис тарăнланса пырать.

Партин XIX-мĕш съезчĕ йышăннă решенисем тата Сталин юлташăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă гениллĕ произведенийĕ совет халăхне коммунизм строительствинчи çĕнĕ те питĕ пысăк задачăсене кăтартса пачĕç. Совет халăхĕ пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх плана, коммунизма ситмелли çул çинчи паха тапхăр пулса тăракан пилĕк çуллăх плана, пурнăçлассишĕн ăнăçлă кĕрешет.

Аслă Сталин çул кăтартса пынипе, партин XIX-мĕш съезчĕ йышăннă решенисемпе хавхаланса, совет халăхĕ коммунизм çĕнтерĕвĕ патне çирĕп пусăмпа малалла утать.

В. КЛИМУШЕВ,
истори наукисен кандидачĕ.



Тăван çĕршыв промышленноçĕ вăрман хатĕрлекенсене хăватлă техника туса парать. Механизмсемпе усă курни ĕç тухăçлăхне ӳстерет, ĕçе çăмăллатать.

ӲКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: Йĕпрес вăрманпромхозĕнче автокранпа вагонсем çине йывăç тиеççĕ.

Г. ЗИНЬКОВ фотоӳкерчĕкĕ.

## Тухăçлă ĕçлеççĕ

КОМСОМОЛЬСКИ. «Красное Сормово» колхоз членĕсем коммунизмăн аслă стройкисене йывăç хатĕрлесе парас ĕçе пысăк та чыслă задача вырăнне хураççĕ. Вăрман хатĕрлекен колхозниксем пĕрпĕрипе ăмăртса ĕçлеççĕ Хайрутдиновпа Танеев юлташсем ĕç нормине куллен 150 процент ытла тултарса пыраççĕ. Бригада членĕсем А. Паймушина, О. Тимофеева, Е. Баранова юлташсем те тухăçлă ĕçлеççĕ.

Колхоз йывăç касса хатĕрлемелли плана ирттерсе тултарчĕ. Касна йывăça турттарас ĕç те ăнăçлă пулса пырать. Утă çын лавпа тата ыттисем автомашинăпа ĕçлеççĕ. А Митрофанов, И. Емельянов, Н. Хайрутдинов лавçăсем куллен ĕç нормине ирттерсе тултараççĕ.

Автомашинăна пĕр чарăнмасăр ĕçлеттерес тесе пĕренесене çул хĕррине лашасемпе илсе тухаççĕ. Январĕн 1-мĕшĕ тĕлне колхоз йывăç турттарса кăлармалли плана 90,9 процент, çул хĕррине илсе тухмалли плана 60 процент тултарнă.

А. ЕРЕМЕЕВ.

## Махоркăран пысăк тупăш

Эпĕ ертсе пыракан махорководсен бригади иртнĕ 1952 çулта 13,5 гектар махорка акса турĕ Совет агротехникин правилисемпе анлăн усă курса ĕçленипе вăтам шутпа кашни гектартан 15-шер центнер туса илес вырăнне 20-шер центнер (4 гектар çинчен 30-шар центнер) пысăк пахалăхлă махорка пухса кĕртрĕмĕр, государствăна 270 центнер махорка патăмăр. Государство планне эпир, йывăрăшпе шутласан, 214 процент, укçа çине куçарса шутласан, 240 процент тултартăмăр Государство пирĕн колхоза çакăншăн чылай укçа тӳлерĕ.

Эпир хамăр уйра тата ытларах гăрăшса ĕçлеме ĕмĕтленетпĕр Хире вăхăтра тата çителĕклĕ таран тислĕкпе ытти тĕрлĕ удобренисем кăларатпăр. Кăçал пирĕн бригада кашни гектартан 22-шер центнертан кая мар паха махорка туса илме ĕмĕтленет.

Анна ЮГИНА,
Калинино районĕнчи «Трактор» колхоз бригадирĕ.

## Тĕрĕслеме янă çырусем тăрăх

Еççынни депутачĕсен Октябрьски район Совет исполкомĕн ялхуçалăх пайĕн аслă землеустроителĕ А В Лукинов ялхуçалăх артелĕн Уставне пăсса ĕçлени, государство çĕр фондĕнчи çаранпа усă курни çинчен çырса пĕлтернине «Коммунизм ялавĕ» хаçат редакцийĕ КПСС Октябрьски райкомне янăччĕ.

КПСС райкомĕ çырура кăтартнисем тĕрĕс пулни çинчен пĕлтерчĕ. Лукинов землеустроитель, хăй ĕçре тăнипе усă курса, государство çĕр фондне кĕрекен 7 гектар çаран çинчен икĕ çул хушши утă çулса пурăннă. 1949 çулта Атăл леш енчи çарансене виснĕ чухне вăл законсăр йĕркепе колхозсен пурлăхĕпе усă курнă, ялхуçалăх артелĕн Уставне пăснă.

Лукинов землеустроитель пулнипе усă курса, унăн ашшĕ В. И. Иванов хăйĕн кил вырăнне колхоз нормăпа кăтартнинчен ирттерсе 0,02 гектар чухлĕ ӳстернĕ, çак ытлашши кил вырăнĕпе 1949 çултанпа усă курса пурăннă.

Редакци тĕрĕслеме янă çырăва КПСС Октябрьски райком бюровĕнче сӳтсе явнă. Государство çĕр фондĕнчи çаранпа хăй ирĕккĕн усă курнăшăн тата ялхуçалăх артелĕн Уставне пăсса ĕçленĕшĕн райком бюровĕ Лукинова хытă ятланă, 1952 çулта государство çĕр фондĕнчен пухса кĕнĕ утта райисполкома пама хушнă.

* * *

Етĕрне районĕн прокурорĕ Тимирязев ячĕпе тăракан колхозран çырса янă «Колхоз утарне çаратаççĕ» ятлă çырура фактсене тĕрĕс кăтартса пани çинчен пĕлтерчĕ. Утарта хурал тăракан Хондряковпа склада хураллакан Федоров тимсĕр ĕçленĕ пирки колхоз утарĕнчен пыл вăрласа кайнă.

Пыл вăрлаттарса колхоза сиен кӳнĕшĕн Хондряковпа Федоровран суд урлă шыраса илмелле тунă.

# Депутат суйлавçăсем патĕнче

Колхоз правленийĕнче виççĕн лараççĕ. Пĕри—колхоз председателĕ, тепри—колхоз агрономĕ. Виççĕмĕшĕ—вăрăм тенкел çинче ларакани, тин çеç ăскран килнĕскер пулмалла. Пăхма ку çын правление пĕр-пĕр колхозник ĕçпа пынăскер темелле. Вăл хутран-ситрен шӳтлесе каласкаласа илет

Колхоз агрономĕ сĕтел çинче выртакан сарă хупăллă кĕнекене илчĕ те, сасăпах вулама пуçларĕ. Вăл çав кĕнекерен ялхуçалăхĕ умĕнче тăракан задача çинчен çырнă пĕр сыпăка вуласа тухрĕ. Унтан аллинчи кĕнекене сĕтел çине хучĕ те, хура кĕрĕк тăхăннă çын çине, тенĕн ыйтнă пек пăхрĕ. Хура кĕрĕк тăхăннă çын куна сисрĕ пулас, ăна хăйĕнчен «Эсĕ халăх тарçи, сана эпир шанса суйларăмăр. Пулăш çамрăк агрономa»...—тесе ыйтнă пекех туйăнчĕ.

— Аван, питĕ аван каланă кĕнекере. Малашнехи тĕп задача—ялхуçалăхне аталантарса, вăйлатса пырасси. МТС-сем хăватлă техникăпа пуянланса пынă май колхозсенчи ĕçсене механизацилесси те хăвăрт ӳссе пырать,—терĕ хура кĕрĕклĕ çын.

— Итлĕр-ха, Иван Петрович, тырпул тухăçлăхне ӳстересси МТС-ран чылай килет вĕт-ха,—сăмах хушрĕ колхоз агрономĕ Морозова юлташ.

— Тĕрĕс. Ялхуçалăхĕнчи ĕçсене механизацилени çĕрĕç культурине ӳстерет. Анчах та МТС пурне те туса парать, тесе лăпланса ларма юрамасть.

— Вăл паллах...

— Чăннипе 1952 çулта çĕртме сухине 95 процент, кĕрхи çĕртме сухине 98 процент, суртыррисем акассине 58 процент тăран трактор вăйĕпе тунă. Çапах та пур ĕçе те МТС туса парать тесе шанса лармалла мар. Сирĕн колхозра ялхуçалăх машинисене юсама тытăнмапа пĕрех-ха, вăрлăх сортласси юлса пырать. Çаксем çинчен ытларах калаçмалла та паян колхозниксен пухăвĕнче.

Агроном аллинчи кăранташĕпе хут çине темĕн палли турĕ те, депутат сăмахне тимлĕн итлес тесе, унăн еннелле çаврăнса ларчĕ. «Акă мĕн çинчен чарăнса тăмалла манăн. Колхозра юр тытас ĕçе те хакламаççĕ-ха. Начар... начар ĕçлетпĕр»,—шухăшсем çаврăнчĕç агроном пуçĕнче.

— Пирĕн çĕрĕçĕ тата та тухăçлăрах, квалификациллĕрех пулмалла, курăк акса тăвас ĕçе вăйлатмалла, пусă çаврăнăшĕсене тĕрĕс йĕркелемелле, техникăллă культурăсем, выльăх апачĕ тумалли культурăсем, пахча çимĕçсем тата çĕрулми туса илекен çĕр лаптăкĕ пысăкрах вырăн йышăнса тăмалла,—лăпкăн калама пуçларĕ депутат.—Çаксене тума пирĕн çĕре юратмалла, ăна вăхăтра апатлантармалла, шăвармалла, çумламалла. Час-часах эпир кун çинчен манса каятпăр, мĕнле акса хăварнă çаплипех вырма тухатпăр. Хăшпĕр чухне колхоз председателĕсем вырăнти удобрени уй-хире апалантарма çитмест тесе ӳпкелешсе калаççĕ. Ку пачах та тĕрĕс мар; Илер-ха сирĕн колхоза. Колхоз хулапа юнашар. Кунта вырăнти удобренисем темĕн чухлех тупма пулать. Мĕншĕн-ха çакна тăвас мар?

Агроном доклад валли хатĕрленĕ хута илчĕ те: «хулара тупма пулать», тесе паллă турĕ.

— Туртăм вăйĕ сахалтарах,—калаçăва хутшăнчĕ колхоз председателĕ Степанов юлташ.

Иван Петрович Петров юлташ хăй халăх тарçи пулнине яланах асра тытать. Унăн суйлавçăсен ыйтăвне тĕрĕс татса пама пĕлмелле Чăнах та колхозăн туртăм вăйĕ нумаях мар. Лашасем вăрман хатĕрлевĕнче ĕçлеççĕ, колхоз валли вутă турттараççĕ, сахал-и колхозра ĕçсем...

— Нумай пулмасть эпĕ «Заготскотра» пултăм, Унта тислĕке ниçта та кайса хураймаççĕ. Килĕшетĕр-и, сире ăна тракторпа турттарса паратпăр,—терĕ депутат

— Хавас, питĕ хавас. Кăна эпĕ сирĕнтен кĕтнĕ те,—савăнăçлăн каларĕ колхоз председателĕ

Правленине иккĕн кĕчĕç. Пĕри—пахча çимĕç бригадин бригадирĕ Т. Мальцева, тепри—колхоз кладовщикĕ.

— А-а-а, Иван Петрович! Салам,—алă тытрĕç депутата бригадирпа кладовщик.—Пирĕн пата килтĕр-и?

— Юрих сирĕн пата, суйлавçăсемпе тĕл пулса калаçма килтĕм-ха.

— Эпĕ сирĕн пата пырасшăнччĕ-ха. Пирĕн колхозра кăçал теплица тумалла. Мĕнле кăвăртлатмалла-ши çак ĕçе,—тилмĕрсе ыйтса каларĕ бригадир.

— Пĕлетĕп... — колхоз председателĕ еннелле пăхрĕ депутат.—Председатель мĕн шутлать?

— Çăва тухмасăр тăваймастпăр пулмалла. Йывăç çитмест,—терĕ колхоз председателĕ.

Иван Петрович папкăран таса хут кăларчĕ те колхозра теплица тума кирли çинчен çырса хучĕ

— Юрать, кун çинчен районта каласа пăхăпăр Ан пăшăрхан, Мальцева юлташ, теплица пулать,—шантарса каларĕ депутат.

— Тавтапуç!

Мĕнле ĕçре пулăшу ыйтмаççĕ пулĕ депутатран. Правленинче каласа ларнă хушăра Иван Петрович хăйĕнчен кам пулăшу ыйтнине, суйлавçăсен ыйтăвĕсене хăй мĕнле татса паннине аса илчĕ.

...Пĕррехинче Иван Петрович хăйĕн пӳлĕмĕнче ĕçлесе ларнă вăхăтра алăка таках хуллен шакканă.

— Кĕрĕр!—тенĕ депутат ура çине тăрса. Пӳлĕме пĕркеленнĕ сăн-питлĕ ватă карчăк кĕнĕ.

— Те тĕрĕсех килтĕм, эпир суйланă çын кунта-и, тĕрĕс те,—йĕри-тавралла пăхса ыйтнă ватă карчăк. Вăл хăйĕн йывăр пурнăçĕ çинчен депутата каласа панă.

— Ивă ывăл пурччĕ манăн... Мĕн тĕрлĕ савăнмастăмччĕ вĕсем çине пăхса... Пĕр ывăлне авлантартăм, кин кĕртрĕм... пулмарĕ...

— Мĕн иккĕн пулчĕ, кинемей,—ыйтнă депутат унтан.

— Ывăлăсем иккĕшĕ те вăрçăран таврăнмарĕç.

Вăрçă... Мĕн чухлĕ куççулне юхтармарĕ пулĕ ку иртнĕ вăрçă. Мĕнле кăна савăнса пурăннă пулĕччĕ ватă кинемей хăйĕн ывăлĕсемпе. Кăкăр сĕтне ситерсе, ачашласа ӳстернĕ вăл вĕсене. Çук! Нихçан та каçару пулмĕ вăрçă пуçаракансене!

Депутат ватă карчăкран мĕнле пурăнни çинчен, мĕнле пулăшу кирли çинчен ыйтса пĕлнĕ.

— Ывăлăм вилсен аслă кин патне тепĕр çынна киле кĕртрĕм. Пăхаççĕ пулĕ терĕм мана, ватă çынна. Çук... пулмарĕ... кинĕм те.. вилчĕ...

Ватă карчăк депутат патне ахаль пыман. Ăна кинĕ патне киле кĕнĕ çын килтен хăваласа кăларса, кил-суртра хăй хуçа пулса пурăнма тытăннă.

Иван Петрович ватă карчăкран кирлĕ хутсене илсе юлнă.

— Юрать, пурне те майлаштаратпăр. Ватă çынран кулма памастпăр,—тенĕ вăл карчăка ăсатса янă чухне.

Депутат ку ыйтупа Сухайкасси ял Совечĕн председателĕпе телефонпа каласнă, ку ĕçе вырăна кайса тĕрĕсленĕ. Ватă çынна хĕсĕрлени çинчен Чăваш АССР прокуратурине жалоба çырнă. Ватă çынна тивĕçлĕ пулăшу панă, ăна хĕсĕрлекене ответ тыттарнă.

Депутат патне ялхуçалăхĕнчи механизаторсем тĕрлĕ ыйтусемпе пыраççĕ. Вĕсем унтан агротехника кăтартса панă çĕнĕ меслетсем çинчен ыйтса пĕлеççĕ, хăш колхозра агротехника правилисене пăсни çинчен, колхоз председателĕ трактористсен пурнăç условине лайăхлатма тăрăшманни çинчен каласа параççĕ. Вăл вĕсене яланах усăллă канашсем парать, ситменлĕхсене пĕтерме пулăшать.

Нумай пулмасть Петров юлташ патне Горкин ячĕпе тăракан колхозран Кулюков колхозник пынă. Вăл колхоз правленийĕ унăн пахча вырăнне касса илни çинчен каласа кăтартнă. Депутат унăн ĕçне тĕрĕсленĕ хыççăн, ку колхозник чăнах та колхозра ĕçлессинчен пăрăнса сӳренине, ĕç дисциплинине пăснине пĕлнĕ.

— Колхозра ĕçлеместĕн иккен. Капла юрамасть. вăйпитти çын вĕт эсĕ,—ятланă вăл ăна.

— Мĕншĕн-ха манпа кӳршĕри колхозник пахчине касса илмеççĕ,—ăнланасшăн пулман Кулюков.

Сахал мар пулаççĕ кун пек тĕслĕхсем. Акă, иртнĕ çулта И. Алексеев тракторист «Комбайн» колхозăн уй-хирне предпулжниксăр сухаланă пулнă. Депутат кун çинчен пĕлсе, вырăна çитсе ситменлĕхсене çийĕнчех пĕтерме пулăшнă,

— Иван Петровичран ыйтарса хăвараймăн,—теççĕ ун çинчен механизаторсем.

...Колхозниксен аслă пухăвĕ. Пухура Канаш МТС-ĕн аслă агрономĕ. Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн депутачĕ Иван Петрович Петров Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн виççĕмĕш сессийĕн итогĕсем çинчен калать.

Шăп. Пĕр сас-чĕв те илтĕнмест.

— Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн виççĕмĕш сессийĕ вырăнти Советсен ĕçне лайăхлатмалли майсем çинчен сӳтсе яврĕ. Вăл пирĕн республикăри ĕççынни депутачĕсен Совечĕсем юлашки вăхăтра, партипе правительство панă пулăшупа усă курса, хуçалăхпа культура строительствинче чылай çитĕнӳсем тунине палăртрĕ. Акă, «Комбайн» колхозах илер Колхоз юлашки вăхăтра тырпул тухăçлăхне тата выльăх-чĕрлĕх йышĕпе унăн тухăçлăхне чылай ӳстерчĕ. Тракторсемпе туллин усă кураççĕ МТС-па колхоз хушшинчи туслăх çирĕпленсе пырать.

Депутат чылай каларĕ.

— Сессире эпир Канаш хули çывăхĕнчи ялсем валли вăтам шкул уçасси çинчен ыйту хускатрăмăр. Сессире пирĕн шухăша ырларĕç,—терĕ депутат суйлавçăсене.

— Ку тĕрĕс вара. Пархатарлă ĕç пуçарнă пирĕн депутатсем,—пăшăлтатса калаçнисем илтĕнчĕç колхозниксем хушшинче.

Пуху хупăнчĕ. Анчах та чылайăшĕ киле кайма шутламаççĕ-ха. Вĕсем депутатран тĕрлĕрен канашсем ыйтаççĕ, ăна ыйтусем параççĕ.

Депутат кашни ыйту çинех ответ пама тăрăшать, хăшне-пĕрне хут çине çырса илет.

Çапла тĕл пулчĕç Уçырма ялĕнчи суйлавçăсем хăйсен депутачĕпе. Колхозлă ялăн ĕçченĕсем вырăнти Советсен суйлавне ĕçри çĕнĕ çитĕнӳсемпе кĕтсе илме, вăрман хатĕрлес тĕлĕшпе янă задание суйлав кунĕ тĕлне пĕтĕмпех тултарма тата çуракине кăтартуллăн хатĕрленсе çитме сăмах пачĕç.

И. КУЗЬМИН.

Канаш районĕ.

## Вулав çуртĕнче

ШАХАСАН Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз членĕсем пушă вăхăта культурăллă та усăллă ирттереççĕ. Кашни каçах вулав çуртне ял çыннисем йышлăн пухăнаççĕ. Вĕсем унта кĕнекесем, хаçатсемпе журналсем вулаççĕ, шахматла-шашкăла выляççĕ.

Вулав çуртĕнче кĕнекесен хисепĕ çулсеренех нумайланать. Халĕ библиотекăра икĕ пин ытла кĕнеке шутланать.

И. ИЛЬИН.

# ВЫРĂССЕН АСЛĂ ПОЭЧĔ Н. А. НЕКРАСОВ

## Вилнĕренпе 75 çул ҫултарнă май

*Н. А. Некрасов.*

### Атăл ҫинче

(«Ватă Наум хуйхи» поэмăран)

I.

Наум вăл патка та тăвать,
Тытать вăл хăна çурчĕ,—
Наум ухмах-и? Пултарать!
Сахал-им тупăш курчĕ;

Хресчен хĕн-асапа лексен,
Сĕрнĕ илет пĕр лаптăк;
Ăнах укçа сĕнет кивçен,
Вара ĕçле—саплас-тăк.

Çапла, çаралнă хĕсĕк хир—
Паранкă хирĕ халĕ.
Çумрах—«Бабайски» монастырь,
«Большие Соли» ялĕ,

Тата инçе-им Кострома?
Инкек ан кур, ан ватăл!
Сан кĕсйӳне чул тултарма—
Юнашарах ав Атăл.

Умра, шыв кукринче шăпах,
Наумăн пур хупахĕ.
Сулла шыв ăшăклансанах,
Сӳренĕ сукмакпах-и

Унта танккассĕ бурлаксем,
Пайтах «курка» йăтассĕ...
Кунтан иртмессĕ пăрахутсем,
Мăн кимĕсем шăвассĕ.

Кунта куппа чупса килет,
Сухрать: «Тархастăн пулăш!»
Наум кăшт кус хĕссе илет:
«Атьсемĕр!..» Унпăн тупăш.

Ĕç вĕресе тăрать ирччен,
Пит кăмăллăн, хавассăн.
«Ырри те усалтан иккен»,
Тесе сывлатăн ассăн.

Тăрантаран эс халăхна,
Пил кӳрекен мăн Атăл!
Эс хĕрхенетĕн чухăна,
Ху çулсерен чакатăн.

II

Хĕрсе ĕç пынă вăхăтра
Эп ун шавне саватăп.
Янравлă юрă, вут ялтрать,
Сыр хĕрринчен куратăп:

Умрах ав тĕркĕшессĕ тек
Сĕршер сăн-пит те алă,
Шур парăссем, шур кайăк пек,
Шав хумханаç юлхавлăн.

Ак, Атăлăм шăпăлтатать,
Хуллен ишет сар уйăх,
Пăрахут сасартăк кăшкăртать,
Ян-янăрать хир-улăх;

Ун сассипех ту-сырансем
Кĕр-кĕрлесе каяççĕ.
Хумсем çапах та бурлаксен
Юррисене тăнлаççĕ.

Салхуллă сас та чĕреме
Хăш чух- çке хускататчĕ,
Хаваслă ĕç шавне илтме
Çапах кăмăллăрахчĕ.

Ман кăвакарчĕç çӳçĕмсем,—
Улшăннинех курмастăп.
Анчах эп урăх вăхăтсем
Çитессине туятăп;

Туятăп эп халăхăма,
Вăл сăнчăр татса ярĕ,
Ман савнă юхăнтывăма
Йăлтах вăл улăштарĕ;

Вăл Атăлăн пуш çыранне
Нумай хула-ял лартĕ,
Халь ăшăкланнă шывсене
Наука тарăнлатĕ;

Шав ипĕç улăп-карапсем,
Çул ĕмĕр пулĕ аслă,
Ян-янăрĕç ĕç юррисем
Мĕн ĕмĕрех хаваслăн...

А. АЛГА куçарнă.

## Революциллĕ демократин аслă поэчĕ

Вырăс халăхĕн аслă поэчĕ Николай Алексеевич Некрасов чаплă революционерсемпе, чаплă демократсемпе пĕрле ĕçлесе пурăннă. Çав революциллĕ демократсене Герцен «Пулас тăвăлсен штурманĕсем» тесе каланă. Некрасов Белинские чун-чĕререн юратнă, ăна яланах хăйĕн учителĕ вырăнне хунă. Вăл Белинский вĕрентсе çитĕнтернĕ малтанхи демократсен представителĕ пулнă.

Вырăс халăхне ирĕке кăларассишĕн пынă кĕрешӳре Некрасов пысăк вырăн йышăнса тăрать. Вăл поэт, прозаик, критик, публицист пулса Белинскипе, Чернышевскипе, Добролюбовпа, Салтыков-Щедринпа пĕрле хăй кăларса тăракан «Современник» тата «Отечественные записки» ятлă журналсенче революциллĕ демократишĕн, чăн-чăн историри çĕнĕ идейăсемшĕн хытă тăнă, тĕрлĕ либералсене, консерваторсене, реакционерсене хирĕç хаяррăн кĕрешнĕ.

Н. А. Некрасов 1821 çулта çуралнă. Хĕрĕхĕмĕш çулсенче вăл критикăллă реализм çулĕ çине çирĕппĕн тăнă. Литература ĕçне хĕрĕхĕмĕш çулсенче хутшăннă пулин те, Некрасов утмăлăмĕш çулсенчи поэт шутланать, мĕншĕн тесен унăн творчестви çав тапхăрпа таччăн çыхăнса тăрать. Некрасов историллĕ икĕ юхăмăн кĕрешӳне анлăн та тарăннăн кăтартса панă. Ленин каланă тăрăх, çав икĕ юхăмăн представителĕсем «1860 çулсенчи либералсем тата Чернышевский» пулса тăнă. Некрасов «ĕмĕрлĕхе пӳрнĕ харпăрлăх» хуçисен тытăмне сатирăллă сăнсемпе питленĕ, самодержавилле-крепостла саманара пуç пулса тăракан зацепинсене, антихристовсене, шкуринсене, чиновниксемпе бюрократсене намăс юпи çумне пăталанă. Некрасов халăхăн чăн-чăн поэчĕ.

1847 çулти январь уйăхĕнче Некрасов И. И Панаевпа пĕрле «Современник» ятлă журнал кăларма тытăнать. Журнала хавхалантарса тата ертсе пыраканĕ В. Г. Белинский пулнă, анчах та Белинский 1848 çулта вилнĕ Некрасов аслă критик каласа хăварнисене яланах асра тытнă, пурнăçа кĕртсе пынă. Журналта 1853 çулта Чернышевский, 1857 çулта Добролюбов ĕçлеме тытăнать. Вĕсем Белинский идейисене питĕ анлă сараççĕ. Добролюбов вилни, Чернышевские арестлени журнал ĕçне кăштах вăйсăрлатать, анчах та журнал 1866 çулччченех—кăларма чаричченех—хăйĕн принципне çирĕппĕн тытса пырать. Икĕ çул иртнĕ хыççăн Некрасов «Отечественные записки» ятлă журнал кăларма тытăнать. журнал ĕçне гениллĕ сатирик Салтыков-Щедрин хутшăнать. Çак çулсенче Некрасов хăйĕн чи пысăк произведенийĕсене çырать, вĕсен шутĕнче: «Вырăс хĕрарăмĕсем», «Пĕр вăхăтрисем», «Кама лайăх пурăнма Руç çĕрĕнче» тата нумай сăвăсем. Некрасов издательство ĕçĕнче ырми-канми ĕçлени вырăс халăхне ирĕке кăларассишĕн пынă юхăмра питĕ пысăк вырăн йышăнса тăрать. Николай Алексеевич Некрасов 1878 çулхи январĕн 8-мĕшĕнче вилнĕ.

* * *

Хăй вăхăтĕнчи хаяр та кăткăс кĕрешĕве Некрасов нихçан манмалла мар тулли те витĕр куранакан сăнсем урлă кăтартса панă.

Дворянла революционерсен-демократсен сăнарне поэзире Некрасовччен никам та кăтартса паман пулнă Некрасов ку ĕçе революциллĕ хăюлăхпа тытăннă.

Некрасов творчествинче тĕп вырăн халăх йышăнса тăрать, унăн тĕп геройĕсем—хресченсем.

Хăйĕн поэзийĕнче Некрасов ĕмĕртенпе асăп тӳссе пурăнакан, «чăтăмлăхĕпе тĕлĕнтерекен халăха» сăнласа кăтартнă. Унăн «Чаплă çурт умĕнче шухăша кайса тăни», «Чугун çулĕ» тата ытти произведенийĕсем те ĕçчен хресченĕн чун-чĕрине, ун хуйхи-суйхине тата хресчен хăйне тĕнче сине мĕнле пăхнине питĕ тарăн



сăнласа кăтартаççĕ. Вырăс хĕрарăмĕн сăн-сăпатне, унăн пурнăçĕпе психологине Некрасов тĕлĕнмелле ăшă сăмахсемпе сăнлать. Вулакансен куçĕ умне «Хĕл мучи, Хĕрлĕ сăмса» поэмăра Дарья сăнĕ, «Кама пурăнма лайăх Руç çĕрĕнче» поэмăра Матрена сăнĕ, «Салтак амăшĕ Орина» тата «Коробейниксем» сăвăсенче Оринăпа Катерина сăнĕсем яр-уççăн тухса тăраççĕ Хастар чун-чĕреллĕ, чăтăмлă вырăс хĕрарăмне асаплă ĕç те, хĕсĕк пурнăç та, телейсĕрлĕх те—нимĕн те парăнтарайман. Чуна çĕклентерекен хресчен ачисен сăн-сăпатне Некрасов «Хресчен ачисем», «Шăпчăксем» ятлă произведенисенче сăнласа панă.

Некрасов Петербург ĕçченĕсем çинчен—маччасемпе подвалсенче пурăнакан çынсем çинчен нумай çырнă. «Сĕм çĕрле пуш урампа пыратăп-и», «Маша», «Мĕскĕн хĕрпе чаплă хĕрарăм», «Çанталăк çинчен» сăввисенче вăл Петербургри чухăнсен, лавçăсен, кĕпе çăвакан хĕрарăмсен, пĕчĕк чиновниксен сăнне пысăк ăсталăхпа ӳкерсе кăтартать. Капитализм çулĕпе пырса, пысăк хула пулса тăнă Петербург ĕççыннисене калама çук хытă асаплантарнă. Дворянсен столици çинчен Некрасов акă мĕн калать:

Хĕвĕшет, сухăрать те шавлать,
Пур çĕрте те кĕрлет вăл хаяррăн.
Ишĕлсе анас пек туйăнать,
Вăл ĕçчен халăха сăнчăрласшăн.

Хресченсемпе хула ĕçченĕсен тата халăхшăн кĕрешекенсен сăнне хапăлласа, юратса кăтартнипе пĕрлех, Некрасов тискер улпутсемпе хăрампыр капиталистсен, кулаксемпе бюрократла чиновниксен сăнне те ӳкерсе кăтартать. Вĕсене поэт хаяррăн та сиввĕн питлет 1846 çултах Некрасов «Тăван çĕршыв» тата «Инçетре, пĕр юханнă ялта» ятлă чаплă сăввисене çырнă. Ку сăвăсем поэт улпутла Российăн йăвисене курайманнине, ылханнине тата вĕсем пĕтсе, арканса пынине питĕ лайăх типлаcа кăтартаççĕ.

«Кама пурăнма лайăх Руç çĕрĕнче» поэмăра пирĕн умма Оболта-Оболдуев улпутăн, Утятин князĕн, Глуховский панăн тата Шалашниковпа Обрубков сăнĕсем яр-уççăн тухса тăраççĕ Çак харампырсем хăйсем те ĕнтĕ лайăх ăнланаççĕ:

Хресчене мар кĕтет халь вилĕм,
Улпут йăхне кĕтет халь вилĕм!

Крепостла правăна пĕтерни хресченсен пурнăçне çăмăллатманнине Некрасов лайăх пĕлсе тăнă. «Крепостла сăнчăр вырăнне çынсем урăххине шутласа кăларнă» тенĕ вăл. Поэт вырăс капитализмĕпе хула буржуазийĕ, улпутсемпе кулаксем ӳссе, аталанса тата пĕрлешсе пынине лайăх курса тăнă. Чиновникла-бюрократла аппарат йĕркесĕрлĕхне те вăл витĕр курнă. 1845 çулта поэт «Хальхи ода», «Ӳкĕннине курма хаваслă» тата «Сăпка юрри» ятлă сăвăсем çырать. Çак сăвăсем Некрасов Гогольран вĕренсе пыни çинчен, чаплă сатирик пулса тăни çинчен калаççĕ. Некрасовпа Салтыков-Щедрин, пурнăçа лайăх та тарăн пĕлекенскерсем, хăйсем суйласа илнĕ сăнсене юриех пысăклатса, çивĕчлетсе кăтартнă, Çапла туни типичность тенине пĕре те хирĕç пулмăн. Некрасовпа Салтыков-Щедрин яланах аслă реалистсем пулнă. Поэт хăйĕн сатирипе кулаксене; капиталистсене, улпутсене, бюрократсене питлет. «Ватă Наум хуйхи» ятлă сăввинче Некрасов пĕр харампыр мужиксене эрешмен пек каркаласа илсе хĕсĕрленине кăтартать.

Некрасов аслă патриот пулнă. Вăл Тăван çĕршыва, вырăс халăхне, вырăс чĕлхине, вырăс çĕрĕн илемне пĕтĕм чунчĕрипе юратнă. Çĕнĕ Россия кивĕ Российăпа харсăррăн кĕрешнишĕн вăл калама çук савăннă. Йывăр кунсенче унăн сунакан чунне яланах çутçанталăк картинисем лăплантарнă. Русь, Атăл, вĕçĕ-хĕррисĕр хирсемпе вăрмансем—акă мĕнсем ăна яланах хавхалантарнă, тăван халăхпа Тăван çĕршывăн малашлăхĕ калама çук пысăк пулассине ĕнентернĕ.

Некрасов хăйĕн творчествăллă ĕçĕ çине питĕ тĕплĕн, питĕ тишкерӳллĕн пăхнă. Литература обществăллă пурнăçра питĕ пысăк вырăн йышăнса тăнине вăл лайăх пĕлнĕ Некрасов—революциллĕ демократ, вăл пĕтĕм творчествипе халăха ирĕке кăларассишĕн ырми-канми кĕрешнĕ. Некрасов—лирик. Унăн сăввисенче лирикăпа гражданла шухăш-кăмăл тĕлĕнмелле хăватпа сыпăнса, пĕрлешсе тăраççĕ. Некрасовшăн—художник-гражданиншăн — сăвăсем хуть хăçан та çивчĕ хĕçпăшал вырăнне пулнă. Вăл сăвă вăрттăнлăхне, халăх чĕлхипе халăх творчествине питĕ тарăн, питĕ тĕплĕн пĕлсе тăнă. Вăл ĕмĕрĕ иртиччене хăйĕн художествăллă ăсталăхне ӳстерсе пынă, çавăнпа та унăн сăввисем илемлĕн, сарлакан янраççĕ. Поэт ваттисем каланă сăмахсемпе, тупмалли юмахсемпе, юрăсемпе яланах пысăк ăсталăхпа усă курнă. Некрасов чĕлхи, аслă халăх чĕлхи пекех, иксĕлми пуян, иксĕлми хăватлă.

* * *

Н. А. Некрасов поэзийĕ—революциллĕ, демократиллĕ поэзи. Унăн пĕтĕм творчестви поэтсемшĕн пысăк шкул пулса тăрать. Пирĕн поэзи—Пушкин, Некрасов, Маяковский уçса панă çул-йĕрсемпе аталанса пырать. Литература историйĕнче чаплă Некрасов вырăнĕ çакăнпа паларса тăрать те ĕнтĕ. Халăха ирĕке кăларас ĕçре Некрасов нумай поэтсене ӳстерсе çитĕнтернĕ. Совет поэчĕсем—Д. Бедный, Маяковский, Исаковский, Сурков тата ыттисем те Некрасовран вĕренсе пынă, Хăйĕн кун-çулне халăх ырлăхĕшĕн ĕçлесе иртернĕ Некрасов акă мĕн çинчен ĕмĕтленнĕ:

Ĕçлесчĕ, пурăнасчĕ! Вилсессĕн вара
Тăлăх ан пултăрччĕ пĕчĕк тăпра,
Тăтăш сӳретĕрччĕ халăх унта.

Поэт ĕмĕтленни чăн пулса тăчĕ, хăйĕн творчествипе вăл хăй валли чаплă памятник лартрĕ. Çав памятник патне илсе пыракан çул яланах такăр пулĕ. Революциллĕ демократин аслă поэтне совет çыннисем вĕри чун-чĕрепе юратса, ăшă кăмăлпа тав туса яланах асра тытаççĕ.

М. ДОБРЫНИН,
профессор, филологи наукисен докторĕ.

*Н. А. Некрасов.*

### Тройка

Çул çине тинкерсе ма пăхатăн
Хавас тантăшсенчен уйрăнсах?
Чĕрӳне шухăшпа эс вăратрăн,
Эс пăлхантăн кăштах вĕтанса.

Хĕрĕм, мĕншĕн чупатăн васкавлăн
Иртсе кайнă пĕр тройка енне?..
Хитре тройка çинчен пит сăпайлăн
Сан çине пăхрĕ çамрăк корнет.

Сан çине куç хывма кам ӳркенĕ,
Кам юратмĕ сана чĕререн?
Вĕлкĕшет хăмач пек хăю-лента
Хура çивĕт çине çил вĕрсен.

Çурла пек куçхарши айĕн санăн
Тинкересçĕ хитре куçусем.
Е темле шухăша эс путатăн,
Е тăратăн хĕвел пек çиçсе.

Эс пĕрре пăхсанах вăрататăн
Юрату вучĕпе чĕрене,
Ватă çын кăмăлне те хускатăн,—
Вăл та манĕ хăй ват иккенне.

Ирĕкре савăнса асĕ пурнăн,
Сана кĕтĕ ыр пурнăç кăна.
Анчах, çук... Эс часах качча тухăн
Хыт чĕреллĕ те чăрсăр çынна...

Хăв умна чĕрçитти çакса ярăн,
Туртса сыхăн унпа кăкарна.
Упăшку санă хĕнĕ хаяррăн,
Хуняму та хĕрхенмĕ сана.

Хура, йывăр ĕçре эс тертленĕн,
Сан сăну тĕксĕмленĕ кĕçех.
Хăвăн ĕмĕрӳнте асĕ пĕлĕн
Ĕçлеме те, ача пăхма çеç.

Халь илемлĕ хитре сăнунта сан
Ялан пулĕ пĕр хурлăх кăна.
Эх, пикеçĕм, эс ырă пулсан та,
Йывăр пурнăç кĕтет-çке сана.

Ĕмĕр иртĕ вара вăхăт çитĕ,—
Кайса чикĕç уnчух масара
Савăнса курайман чĕрене те
Ăшăнса курайман кăкăра...

Çул çине ытлашши ан тинкер эсĕ,
Ан васка тройка хыççăн кайма.
Чĕрӳнти хуйхăна халь сӳнтер эс,—
Вăхăт пулĕ пайтах хуйхăрма.

Тройка хыççăн чупса ĕлкĕреймĕн,—
Лашисем ун тĕреклĕ, илемлĕ.
Сан çине пăхса илнĕ корнет
Халь васкать тепĕр хĕр ытамне...

Ал. КЛЕМЕНТЬЕВ куçарнă.

* * *

Ял—ĕç çинче, ун пырать уй-хирти ĕçĕ...
Мĕскĕн эс вырăс хĕрарăмĕн тивĕçĕ!
Сук санни пек хĕн шăпа.
Мĕн тери чăтăмлă, вырăс хĕрарăмĕ
Эс çамрăклах савăнпа ваталатăн мĕн—
Сав тертпеле, асаппа!
Шăрăх тӳсме çук вăрмансăр тип-тикĕс çĕр,
Вырнă-вырман хир пусси вĕççĕр-чикĕсĕр—
Шелсĕр хĕвел пĕçертет.
Мĕскĕн хĕрарăм халран кайнă, ывăннă,
Унăн тавра-çке шăни-ӳпри сырăннă,
Пĕр сирĕлми хĕвĕшет.
Йывăр çави. çĕклеме ĕнтĕ тăначчĕ,
Касрĕ çара урине юнĕ тăкăнчĕ,
Сук-çке чармашкăн юна!
Ав, юнашар ун ачи йĕни илтĕнчĕ,
Чупрĕ унта—çивĕт сӳтĕлнĕ—хыпăнчĕ,
Сиктермелле ачана!
Ун умĕнче мĕн тăратăн мăнтарăннăн,
Хăв ĕмрӳнте мĕн терт курнă эс, тарăхнă,—
Пар юрласа халь савна!
Тар-и, куççулĕ-и кусĕ тулли унăн,
Йывăр ăна калама.
Пурĕ-пĕр юхĕ вăл сĕтĕк витсе хунă
Сак чĕресе-какăма.
Типпĕ тути, вăл ĕçет, лакăм илчĕ те
Ăнтăхнă шăрăхпала...
Тутлă-им, чунăм тăварлă куççулĕ те
Йӳç кăвасла сурмалла?..

УЙĂП МИШШИ куçарнă.

## Н. А. Некрасов тата чăваш литератури

Аслă вырăс халăхĕн культури пирĕн çĕршыври мĕнпур тăванла халăхсен культурине аталанма яланах пулăшса пынă, пулăшса пырать те. Çакна эпир хамăр чăваш халăх культурин ӳсĕмĕнче те уççăн курса тăратпăр.

Малта пыракан вырăс литературин паха традицийĕсем пирĕн чăваш литературине шăтса тухма, чечекленсе ӳсме чĕрĕ те ырă сĕткен парса тăнă. Аслă вырăс писателĕсем—пирĕн литература учителĕсем.

«Çакă паллă,—тенĕ А. А. Жданов «Звезда» тата «Ленинград» журналсем çинчен тунă хăйĕн докладĕнче: —ленинизм XIX ĕмĕрти вырăс революционер-демокрачĕсен чи лайăх традицийĕсене пĕрлештерсе пĕтĕçтернĕ, пирĕн совет культури иртнĕ саманари культура пуянлăхне тишкĕрсе пăхса тухса урăхлатнă никĕç çинче шăтса тухнă, аталаннă, ӳссе чечекленнĕ».

Вырăссен революциллĕ-демократиллĕ аслă писателĕсемпе критикĕсем хушшинче Николай Алексеевич Некрасов питех те паллă вырăн йышăнса тăрать. Унăн ятне эпир Белинский, Добролюбов, Чернышевский, Салтыков-Щедрин ячĕсемпе пĕрле чысласа асăнатпăр.

Иртнĕ ĕмĕрĕн 60—70-мĕш çулĕсенче Н. А. Некрасов вырăс литературинче чăннипех те революциллĕ поэзин çулпуçĕ, çав вăхăтри «шухăшсен хуçи» пулнă. Вăл литературăра нумай тĕрлĕ пархатарлă ĕçсем туса пынă. Ĕмĕр-ĕмĕр асран кайми чаплă сăвăсемпе поэмăсем çыринсĕр пуçне. Некрасов малтан «Современник», унтан «Отечественные записки» журналсене редакцилене, çамрăк писательсене литература ĕçне вĕрентнĕ, вĕсен малтанхи кĕнекисене пичетлесе кăларнă, критикăллă статьясем нумай çырнă, прозăра та паллă ĕçсем тунă.

Хăйĕн музине Некрасов «халăх хĕрĕ» тесе ят панă. Унăн мĕнпур творчествинче халăх пурнăçĕ, халăх шухăш-кăмăлĕ, халăх хуйхи-суйхи палăрса тăрать. Вăл хăй пултарулăхĕн малтанхи кунĕсенчен пуçласах поэт-гражданин çулне суйласа илнĕ. Хулари хĕсĕк пурнăçра асапланакан çын, ялти çĕр улпучĕсен тискер мăшкăлне тӳсекен хресчен çынни Некрасов поэзийĕнче малтанхи хут хăйне хӳтĕлесе каланă сăмах илтнĕ Çакăнпа пĕрлех аслă поэт, вырăс халăхĕн улăпла хăватне шанса тăрса, унăн ирĕклĕ те çутă малашлăхне çирĕп ĕненсе, чуралăх тĕнчи таптаса хуçнă çынсен сăнарĕсене çеç мар, çав чуралăха хирĕç кĕрешме çĕкленекен паттăрсен сăнарĕсене те кăтартса панă. «Кама лайăх пурăнма Руç çĕрĕнче» поэмăри Савелий—вырăс богатырĕ хăй кăна мĕн тери чаплă сăнар пулса тăрать, мĕн тери пысăк шанчăкпа паттăр кăмăл-туйăмсем чĕртет вăл кашни вулаканăн чĕринче! Вырăс хĕрарăмĕсен мĕн тери таса та паттăр сăнарĕсене куратпăр эпир «Вырăс хĕрарăмĕсем» поэмăра! Çакăнпа пĕрлех «Атăл çинче», «Ачасем макăрни», «Чугун çулĕ», «Ирĕк çăмах çинчен хунă юрă», «Ĕç юрри» ятлă сăвăсемпе поэмăсенче Некрасов рабочисен сăнарĕсене кăтартса парать. Унăн Белинскипе Добролюбов çинчен çырнă сăввисем чăннипех те аслă революционер-демократсен ячĕпе лартнă чаплă палăксем пулса тăраççĕ.

Халăх юрăçи, поэт-гражданин, вут чĕреллĕ патриот Н. А Некрасов Тăван çĕршыв ирĕке тухассине пĕтĕм чун-чĕрипе çунса ĕмĕтленнĕ, çак шухăш ун поэзийĕн чи таса та чи хĕрӳллĕ кĕвви пулнă. Поэт халăха хăйĕн Тăван çĕршывĕн чăн-чăн хуçи туса хурассишĕн кĕрешнĕ. Чĕрери çутă шанчăкне палăртса, вăл «Ирĕклĕх» ятлă сăввинче çапла çырнă:

Сĕршывăм—аннеçĕм! Сан уй-хирӳпе
Нихçан çӳремен эп кун пек чĕремпе!
Ачаш аларн ачана эп куратăп,
Чунтан-кăмăлтан çĕкленсе хумханатăп.
Çуралнă. ачам, эс аван вăхăтра,
Куççулĕ эс курмăн, ӳс çеç хăвăртрах!

Некрасов поэзийĕнче хĕрӳллĕ çулăмпа çунса тăракан ирĕклĕх шухăшĕсем ун чухнехи малта пыракан революциллĕ-демократиллĕ интеллигенцие çеç мар, мĕнпур халăха хавхалантарнă. Некрасов поэзийĕ—халăх пултарулăхĕнчен çăлкуçланса тухакан поэзи. Халăх сăмахĕ, халăхран илнĕ сăнлăхсем халăхăн кашни ывăлхĕрне ăнланмалла пулнă. Çавăнпа та аслă поэтăн сăввисем халăх хушшинче çиçĕмле хăвăрт саралнă, вĕсене хут пĕлмен çынсем те пĕр-пĕринчен илтсе вĕреннĕ. чĕрери кăмăлпа савса юрланă.

Паллах ĕнтĕ, Н. А. Некрасовăн сăввиюррисем ĕлĕкхи тĕттĕм чăваш ялĕсене те çитмесĕр юлман. Шкул ачисем унăн сăввисене. Пушкин, Лермонтов. Кольцов сăввисемпе пĕрлех, пăхмасăр калама вĕреннĕ, çапла вĕсем ăруран ăрăва куçса пынă.

Чăваш халăхĕн малтанхи писателĕсем вара — М. Ф Федоров. Тайăр Тимкки, К. В. Иванов. Н. И. Шелепи, М. Ф. Акимов вырăс халăхĕн аслă поэтне Н. А. Некрасова хăйсен чи хаклă учителĕ вырăнне хунă. мĕншĕн тесен Некрасов шухăшĕсем вĕсемшĕн чи çывăх шухăшсем пулнă. Сăлтавĕ кунта питех те паллă. Некрасов творчествинче хресчен çынни тĕп вырăн йышăнса тăрать. Пирĕн малтанхи писательсем те пурте хресчен хушшинчен тухнă. çапла вара вĕсем чи малтан Некрасов поэзийĕнче хăйсен шухăшĕсен социаллă пĕрлĕхне курнă. Некрасов поэзийĕ вĕсене революциллĕ-демократиллĕ идейăсемпе хĕçпăшаллантарнă.

Аслă вырăс поэчĕ хăй творчествин содержанийĕпе кăна мар, форми тĕлĕшĕпе те малтанхи чăваш писателĕсене питĕ çывăх пулнă. Вĕсем Некрасовран халăх пултарулăхне юратма, халăхăн ылтăн сăмахĕсене пĕрчĕн-пĕрчĕн суйласа пухма вĕреннĕ.

Вĕреннĕ тени вăл поэт пĕтĕмĕшпех тепĕр поэт евĕрлĕ çырнине пĕлтермест. Вырăс халăхĕн аслă поэчĕсем, вăл шутра Н. А. Некрасов та, пире чи малтан пурнăç çине тĕрĕс те тарăннăн пăхма, халăха юратма, унăн çутă кун-çулĕшĕн тăрăшма вĕрентеççĕ Çак вĕренӳ вăл революцичченхи чăваш поэчĕсен те çав йĕркепех пулса пынă.

Н. А. Некрасов произведенийĕсене ĕнтĕ чăвашла чылай куçарнă. Вĕсем пирĕн тăван литературăн ылтăн фондне кĕнĕ. Аслă поэтăн «Юрăсем» ятлă циклран илсе чăвашла куçарнă сăвă йĕркисене эпир 1900 çултах тухнă «Букварьте» тĕл пулатпăр. Акă вĕсем:

Халăх кил-ăшчикки çап-çут та тап-таса,
Сан пӳрту пекки пур—вил хуть те
пăчăхса,
Çынсен аш яшки-çи хуть те мăй таран,
Пирĕн яшкара сыпмасссерен таракан.
Çынсен тӳсĕсем куччĕнеçпе сӳреççĕ,
Сан пур—ху сăкăрнах çисе тĕп тăваççĕ.
Çынсем тӳссемпе ĕççе çиес шухăшпа,
Пирĕн шухăшсем—тухас марччĕ хутаçпа.

Çак сăвва куçараканăн ячĕ паллă мар. Анчах ятсăр поэт Некрасов сăввине куçарнă чухне чи малтан чăваш халăхĕн чухăн пурнăçне асра тытнă. Çав шухăшах асра тытнă хăйĕн «Арçури» поэминe çырнă чух чăваш поэчĕ М. Ф. Федоров та:

Çитмен пурнăç пирки-çке
Çын куçĕнчен пăхатпăр...
...Хутаç çакса каятпăр,
Ыйткаласа çӳретпĕр.

Савăн пекех Некрасов сăввисен шухăшĕсене эпир М. Ф. Акимовăн «Тĕлĕнмелле», «Шӳт туни» ятлă прозăлла сăввисенче те, Н. И Шелепин «Раççей», «Васанкка» сăвви-юррисенче те уççăн туйса тăратпăр

Аслă вырăс поэчĕн революциллĕ-демократиллĕ шухăшĕсем Тайăр Тимккипе Константин Иванов творчествинче уйрăмах витĕмлĕн палăраççĕ. Вĕсем чăваш халăхĕн йывăр пурнăçне сăнласа панипе кăна çырлахмаççĕ. вĕсем чуралăх тĕнчине хирĕç кĕрешĕве тухма чĕнеççĕ. («Вăранăр. тапранăр. чăваш çыннисем! —К. Иванов. «Çĕнĕ çул»—Тайăр Тимкки).

Тайăр Тимкки. сăмахран. «Шухăш» ятлă сăвăра уççăнах çапла йыхăрать:

Çитĕ пире тертлеме!
Пурте пĕрле пухăнар,
Тĕрлĕ харампырсене
Енсе çинчен пăрахар!

Революцичченхи чăваш поэчĕсем Н. А. Некрасовăн чи лайăх сăввисемпе поэмисене куçарса, вĕсемпе мĕнпур халăха паллаштарма ĕмĕтленнĕ. Çапла Н. И. Шелепи аслă вырăс поэчĕн «Саша» поэминчи «Вăрман касни» сыпăкне, К. В Иванов «Кама лайăх пурăнма Руç çĕрĕнче» поэмăн уйрăм сыпăкĕсене питĕ ăста куçарнă. Анчах революциллĕ шухăшсемпе илкăшса тăракан сăвăсене патша саманинче чăвашла куçарса, халăх патне çитерме йывăр пулнă.

Совет саманинче кăна Некрасов поэзийĕшĕн халăх чĕри патне анлă та çутă çул уçăлчĕ. Чăваш совет поэчĕсем Хуммă Семенĕ. Я. Ухсай, С Шавлы, А. Алга, Н. Евставьев тата ыттисем те аслă поэт-гражданинăн нумай сăввисене чăвашла куçарчĕç Вĕсем куçарнă сăвăсемпе поэмăсене ĕнтĕ икĕ кĕнеке кăларнă («Сăвăсемпе поэмăсем» — 1947 çул, «Атăл çинче»—1951 çул).

Совет саманинчи чăваш литератури вăйлăн ӳсе пырать. Çак ӳсĕм çулĕ çинче ăна вырăс литератури ĕлĕкхинчен нумай хут хăватлăнрах пулăшса тăрать. Пирĕн писательсем Н. А. Некрасова, вырăс халăхĕн ытти аслă писателĕсемпе пĕрлех. пысăк хисепе хураççĕ. унăн поэзине чунтан юратса вĕренеççĕ Çак вĕренĕвĕн витĕмне эпир С. Эльгерĕн, Я. Ухсайăн, Уйăп Мишшин тата ытти поэтсен творчествинче туйса тăратпăр. Сăмахран, Ухсайăн «Телей юмахĕнчи» ĕçсем пире нумай енчен Некрасовăн «Кама лайăх пурăнма Руç çĕрĕнче» ятлă поэмине аса илтереççĕ. Анчах Некрасов геройĕсем хăйсен телейне тупаймаççĕ пулсан, Ухсай геройĕсем чăн-чăн телее кĕрешӳре тупаççĕ, мĕншĕн тесен ку вăл Некрасов пурăннă самана мар. пачах та урăх самана, Ленинпа Сталин самани.

Çавăн пекех Уйăп Мишши те хăйĕн «Салтак амăшĕ» поэминче, Некрасовăн «Салтак амăшĕ—Урине» ятлă сăввине асра тытса, çĕнĕ саманари çĕнĕ хĕрарăм сăнарне кăтартса парать. Икĕ самана — икĕ салтак амăшĕ. Пĕрин—Некрасов сăнласа панин—ывăлĕ салтакран халсăрланса килнипе вилсе выртнă хыççăн пĕтĕм пурнăç шанчăкĕ сӳнет, теприн—Уйăп Мишши сăнласа панин—ывăлĕ фронтра пуçне хунă пирки хуйхи-суйхи тепле пысăк пулсан та, пурнăç шанчăкĕ сухалмасть, вăл хăйĕн чунне совет çыннисен коллективĕнче лăплантарать.

Çапла эпир Некрасов поэзийĕн витĕмне (влиянине) хамăр литературăри нумай тĕслĕхсенче куратпăр. Халăх шухăш-кăмăлĕ, халăх чун-хавалĕ,— çакăнта ĕнтĕ поэт-гражданинăн вилĕмсĕр хăвачĕ.

Н. А Некрасов пирĕн аслă Тăван çĕршывăн пулас çутă кун-çулне витĕр курса тăнă, халăха ирĕклĕхпе телейĕшĕн кĕрешме чĕннĕ. Унăн хăватлă сасси паян та пĕтĕм аслă çĕршыва илтĕнсе тăрать.

Некрасовăн вĕри те çутă ĕмĕчĕсем пирĕн совет саманинче, Ленин—Сталин саманинче пурнăçа кĕрсе пыраççĕ. Аслă поэт-гражданин коммунизм строителĕсемпе пĕрле малтан малалла утать.

А. ЭСХЕЛЬ.

## Чехословакире Сталин юлташăн „ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем“ ятлă произведенийе вĕренессĕ

ПРАГА, январĕн 4-мĕшĕ. (ТАСС). Кăй çкун хушши Бренĕ хулара, пани Прагăра, пĕтĕм государствăри ялхуçалăх енĕпе ĕçлекен экономистсен икĕмĕш конференцийĕ вĕçленнĕ. Конференцире И. В. Сталинăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» ятлă произведенийе тĕпрĕ хутрĕнĕ.

Конференцире 500 çынна яхăн пулнă. Унта «И. В. Сталинăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăллă проблемисем» кĕнеки ĕçĕ тата Чехословакири ялхуçалăх проблемисем», «Ялхуçалăх производстви-вини социализмăна хăрпирăхăн иĕ формийĕ», «Ялхуçалăх производстви-ваналасси», «Ялхуçалăх производствисен-сĕ» тата ытти темăсемпе докладсем илтерсе сутсе явнă.

И. В. Сталинăн генилле ĕçĕнче тухса тăракан задачăсене çинчен калаас, докладчиксемпе конференци участникĕсем Чехословаки ялĕсене социализмла сĕнтерсе улăштарас сĕрте практикăпа, пĕрлехĕ ялхуçалăх кооперативĕсене, машинатрактор станцийĕсене тата государствăн ялти хуçалăхĕсене тăвассине тата çирĕплетессине экономика наукине сыхăнтармалли çулсене сутсе явнă тата конкретлă предложенисем тума палăртнă.

## Чехословакири предприятисенчи ĕçри хастарлăх

ПРАГА, январĕн 4-мĕшĕ. (ТАСС). Чехословаки хăйĕн пĕрремĕш пилĕкçуллăхăн планне пурнăçлама тытăннă. Заводсенче фабрикăсенче, шахтăсенче рудникăсенче, стройкăсенче рабочисен, инженерсемпе техниксен производствăллă пухăвĕсем пулса иртессĕ. Çав пухусенче çĕнĕ çулта тумалли ĕç планĕсене сутсе явассĕ, çĕнĕ обязательствăсем йышăнассĕ.

Антонин Запотоцкий ячĕпе тăракан шахта Кладно бассейнĕнчи чи лайăх шахтăсенчен пĕри шутланать. Ку шахтăри горнякçем çулталăкри плана 1953 çулхи ноябрĕн 7-мĕшĕ тĕлне тултарма, çулталăк вĕçленичченс çĕршыва планран иртерсе 70 пин тонна çĕр кăмрăкĕ пама обязательство илнĕ.

Пардубице областĕнчи Ческа-Трешебоври пăравусçем юсакан завод коллективĕ иртнĕ çулта çулталăкри плана срокчен тултарнă, планран иртерсе 11 пăравус юсанă. Производствăллă пухура заводри рабочисен, пилĕк çуллăх плана срокчен тултарас тесе, тата лайăххăх ĕçлеме пулнă.

Хăçатсем çапла пĕлтерессĕ: Кладно хулинчи хурçă шăратакан пĕрлештĕлĕ завосем тата ытти нумай предприятисен производствăллă çĕнĕ обязательствăсем илнĕ.

## Вырăс çарĕсем София хулине Турци пусмăрĕнчен ирĕке кăларнăранпа 75 çул тултарнă

СОФИЯ, январĕн 4-мĕшĕ. (ТАСС). Болгарири телеграф агентстви çапла пĕлтерет: вырăс çарĕсем София хулине Турци пусмăрĕнчен ирĕке кăларнăранпа 75 çул тултарнă. Болгари хаçачĕсем Болгари халăхĕн историйĕнчи çак паллă куна анлăн палăртса ирттереççĕ.

«Труд» хаçат «София хулине пĕрремĕш хут ирĕке кăларнăранпа 75 çул тултарнă» ятлă статьяра çапла çырать: «София хулине ирĕке кăларнă кун Болгари халăхĕ хăйĕн çĕршывне ирĕке кăларнă вырăс халăхне чунтан юратса хисепленине тата Болгарипе Совет Союзĕ хушшинчи туслăха куçăрçине сыхланă пек сыхлама, прогресслă этемлĕхĕн çулпуççĕ Сталин ертсе пынипе мир ĕçне хутĕлеме хатĕррине палăртать.

### ĔÇÇЫННИСЕН ПУРНĂÇ УСЛОВИЙĔСЕМ ЛАЙĂХЛАНАÇÇĔ

СОФИЯ, январĕн 5-мĕшĕ. (ТАСС). Болгарири телеграф агентстви çапла пĕлтерет:

Болгарири ĕççыннисен çĕнĕ, 1953 çула социаллă тата культурăллă пурнăç енĕпе пысăк çитĕнÿсем тунипе кĕтсе илнĕ. 1952 çулта рабочисемпе служащисен пурнăç условийĕсем чылай лайăхланнă. Тавар хакĕсем йÿнелнипе туна ĕççыннисен таварсем ытларах туянма пултарассĕ. 1952 çулта ĕç укçин фончĕ, унчченхи çулпе танлаштарсан, 20 процент ÿснĕ. Промышленность таварĕсен хакĕсене икĕ хут йÿнетнипе пула рабочисен реаллă ĕç укçи чылай ÿснĕ.

Социаллă, йăла тата культура ĕçĕ валли государство бюджечĕнчен 3 миллиард та 100 миллион лев. уйăрла ласан, 1951 çулхинчен 674 миллион лев ытларах укçа уйăрнă пулнă. Пурăнмалли çуртсем тăвасси анлă саралнă.

## Албанири марксистла-ленинла вĕренÿ

ТИРАНА, январĕн 5-мĕшĕ. (ТАСС). Хаçатсем Албанири ĕçлĕх партийĕн Центральнăй Комитечĕн Политбюровĕ Тирана хулинче марксизм-ленинизмăн каçхи университетне уçасси çинчен йышăннă решение пичетлесе кăларнă.

Университетра Албанири партипе государство работникĕсем тата культура ĕçлевĕсем вĕренмелле. Вĕсен икĕ çул вĕренмелле пулать. Вĕренÿ программинче: Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн историйĕ, Албанири ĕçлĕх партийĕн историйĕ, Албани историйĕ, пĕтĕм тĕнчери сыхăнусен ыйтăвĕсем, диалектикăллă тата историллĕ материализм, политикăллă экономи.

Марксизм-ленинизмăн каçхи университетне уçни, тенĕ пĕлтернине, кадрсене марксистла-ленинла воспитани парассине вăйлатас енĕпе пысăк утăм туни пулать.

## Сывлăха сыхлас ыйтупа ирттернĕ конференци

ПЕКИН, январĕн 5-мĕшĕ. (ТАСС). Синьхуа агентстви пĕлтернĕ тăрăх, Пекин хулинче сывлăха сыхлас ыйту тăрăх ирттернĕ Пĕтĕм Китайри конференци хăйĕн ĕçне вĕçленĕ.

Сывлăх министрĕн заместителĕ Хэ Чэн 1952 çулта Китайра санитарипе гигиенăн кĕрешÿ енĕпе тунă çитĕнÿсем çинчен каласа панă.

Конференцире Государство Административ совечĕн премьерĕ Чжоу Энь-лай тухса калани. Корейăпа Китая хирĕç халĕ те бактериллĕ вăрçă туса пыракан Америка империалисчĕсен планĕсене сирсе ярас тесен, тенĕ вăл, тата Китайра строительство планĕсене пурнăçлас тесен, санитарипе гигиенăшăн ывăнма пĕлмесĕр тăрăшмалла.

Государство Административ совечĕ çĕршывра 1953 çулта санитарипе гигиена енĕпе мĕн тумалли çинчен директива йышăннă. Государство Административ совечĕ Китайри сывлăха сыхлас енĕпе ĕçлекен медицина работникĕсене сыхă пулма тата бактериллĕ хĕçпăшала хирĕç кĕрешÿсене вăйлатма чĕнсе каланă. Унсăр пуçне, çак директивăра санитарипе гигиенăна ĕççыннисем хушшинче мĕнле майпа сарса пымалли çинчен çырса кăтартнă. Çак директива тăрăх сывлăха сыхлас енĕпе пухăннă Пĕтĕм Китайри конференци санитарипе гигиена енĕпе 1953 çулта пурнăçламалли задачăсене палăртнă.

## Мартине Францири Коммунистсен партийĕн ретĕнчен кăларнă

ПАРИЖ, январĕн 5-мĕшĕ. (ТАСС). «Юманите» хаçат Францири Коммунистсен партийĕн Сена департаменчĕнчи федерацийĕн Комитечĕ Андре Мартине партийĕн ретĕнчен кăларасси çинчен çакăн пек пĕлтернине пичетлесе кăларнă:

«Партирен кăларасси çинчен йышăннă решени:

Сена департаменчĕн федерацийĕн Комитечĕ 1953 çулхи январĕн 3-мĕшĕнче федераци секретарĕ Мадлена Венсан председательте пухса ертсе пынипе пулнă. Вăл Массерия чугун çул вокзалĕнчи пуçламăш организаци Устави 35-мĕш статьи тăрăх Андре Мартине Францири Коммунистсен партийĕн ретĕнчен кăларасси çинчен пĕр сасăпа пулса йышăнăнă решение пĕр сасăпа тухрĕ.

Комитет Парижри 13-мĕш округри парти комитечĕ 1952 çулхи декабрĕн 30-мĕшĕнче йышăннă решение палласшăн. Округри парти комитечĕ Массерия чугун çул вокзалĕнчи пуçламăш организаци йышăннă решение пĕр сасăпа ырланă.

Федеральнăй комитет членĕ Бошо юлташ докладне илтнĕ хыççăн, Сена департаменчĕнчи федераци Комитечĕ ку решенисене çирĕплетет тата çакăн пек постановлени йышăнать: Андре Мартине Францири Коммунистсен партийĕн ретĕнчен кăларас».

### ПОЛИТИКĂЛЛĂ ĔÇСЕМШĔН ТĔРМЕРЕ ЛАРАКАНСЕМ АПАТ ЙЫШĂНМА ПĂРАХНĂ

ПАРИЖ, январĕн 2-мĕшĕ. (ТАСС). «Монд» хаçат, Алжирти «Демократилле ирĕклĕхсен çĕнтерĕвĕ» парти официаллă бюллетенĕнчен илнĕ хыпар тесе, çапла пĕлтерет: политикăллă ĕçсемшĕн Оран хулинчи тĕрмере ларакан 6 çын 26 кун каярах апат йышăнма пăрахнă. Апат йышăнма пăрахнисенчен улттă çыннăн сывлăхĕ питĕ начар.

## Корейăри ĕçсем

### ХАЛĂХ ÇАРĔН ГЛАВНĂЙ КОМАНДОВАНИЙĔ ПĔЛТЕРНИ

ПХЕНЬЯН, январĕн 5-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Халăх çарĕн Главнăй командованийĕ пани çапла пĕлтерет: Корея Халăх çарĕн çеаннисенчен тата Китай халăх добровольцĕсен частĕсем вăйлăрăх фронтри уйрăм участоксенче Америкăпа Англин интервенчĕсен тата Ли Сын Ман çарĕсен разведка тăвакан отрячĕсене хирĕç çапăçнă.

Самолетсене хирĕç кĕрешекен çартаксем пани тăшманăн 2 самолетне персе ÿкернĕ, пĕр самолетне сиенленĕ.

### Индири забастовкăсем

ДЕЛИ, январĕн 5-мĕшĕ. (ТАСС). 1953 çул пуçламăшĕ Индире забастовкăсем ÿсне паллă пулнă. Раджкотра демонстрацисемпе забастовкăсем йышлă пулса иртессĕ, демонстрантсем налогсене ÿстернине хирĕç протестлессĕ. Полици демонстрантсем çине темиçе хутчен те пăшалсенчен пенĕ.

Хĕвелтухăç Пенджаб штатĕнче 13 пин учитель забастовка тăвассĕ. 500 пин вĕренекен шкула çÿреме пăрахнă. Учительсен ĕç укçи ÿстерме ыйтассĕ. Дели штатĕнчи учительсен пĕрлешÿĕ резолюци йышăннă. Унта Дели штатĕнчи учительсен Хĕвелтухăç Пенджаб штатĕнчи учительсемпе пĕр шухăш-кăмăллă пулнине палăртнă.

### СИНГАПУРТИ ТИНĔС-ÇАР БАЗИНЧИ РАБОЧИСЕН ЗАБАСТОВКИ

ПЕКИН, январĕн 4-мĕшĕ. (ТАСС). Синьхуа агентстви пĕлтернĕ тăрăх, Сингапурти тинĕс-çар базинчи рабочисен декабрĕн 29-мĕшĕнче пуçланнă забастовки Англии Индет Хĕвелтухăçĕнчи çак пысăк çар базин ĕçне чарса лартнă. Забастовка рабочисем тавар хакĕсем ÿснĕ пирки ĕç укçи ÿсса пама, медицина пулăшăвне лайăхлатма, пенси илме право пама, çĕнĕ кирлĕ пек тÿлеме тата чирлĕ çынсене отпусксем пама требовани лартнă пирки тинĕс-çар базин влаçĕсемпе рабочисен профсоюзĕ хушшинче пыракан тавçăнăни хирĕçÿ пула пуçланнă.

Сингапуртан илнĕ хыпарсем тăрăх, Англии Сингапур базинчи тинĕс-çар влаçĕсен представителĕн çакна йышăнма тивнĕ: забастовкăна пула Англин çар карапĕсене юсас ĕç вăраха каять. Забастовкăна пула Англин 20.000 тонна водоизмещениллĕ «Юникорн» ятлă авианосецĕ, çавăн пекех тата ытти пĕчĕкрех çар судиесене юсама пăрахнă. Çав судиесен Корейăна каймалла пулнă.

Сингапурти çарти тата гражданла служащисен профсоюзĕн официаллă представителĕсем, Англи çарĕпе Сингапурти сывлăх-çар вăйĕсенче хăйсен пирĕнпе ĕçлеме кĕрĕшнĕ 30.000 рабочи базари рабочисемпе служащисен забастовкине ырласа, забастовка пуçлама пултарни çинчен пĕлтернĕ.

## Австрири çамрăк врачсен кун-çулĕ

ВЕНА, январĕн 4-мĕшĕ. (ТАСС). Австрири çамрăк врачсем аран-аран пурăнассĕ. Австрири законсем тăрăх çамрăк врач, вĕренсе тухсан çичĕ уйăх иртнĕ хыççăн кăна клиникăра ĕçлеме пултарать. Унта вăл виçĕ çул хушши укçасăр ĕçлемелле. Ун хыççăн кăна вăл врач вырăнĕнче ĕçлеме пултарать.

Хальхи вăхăтра Венăри клиникăсенче укçасăр ĕçлекен врачсем 700 çын ытларах. Хăйсене тата çемйисене тăрантарас тесе, вĕсен çĕре, урăх специальноçпа ĕçлеме тивет. Ĕç тупăнсан, çамрăк врачсем кирек хăш вырăнта та ĕçлессĕ.

Пин ытла медицина работникне пĕрлештерсе тăракан «Çамрăк врачсен комитечĕ» ĕнер Австрири общественноçа чĕнсе калани пичетлесе кăларнă. Комитет çамрăк врачсене пулăшма чĕнет.

### АНГЛИРИ ПРОМЫШЛЕННОÇĂН ГРАЖДАНЛА ОТРАСЛĔСЕМ ЧАКАÇÇĔ

ЛОНДОН, январĕн 5-мĕшĕ. (ТАСС). Англири хаçатсем Англири промышленноçăн граждан отраслĕсем халĕ те чакнине кăтартса пырассĕ. Производство шăнĕ чакни тата ĕç тупăйманнисен йышĕ ÿсни пир-авăр промышленноçĕнче кăна мар, ытти граждан отраслĕсенче те палăрать.

Англири финанс ушкăнĕсен, органĕ—«Файнэншл таймс» хаçат çапла пĕлтерет: холодильниксем, кĕпе çумалли машинăсем, электричествăпа газ аппаратури туса кăларасси 1952 çулта 1951 çулхи шайран 30—50 процент сахалтарах пулнă.

Ку таварсене туса кăларакан предприятисенче «ĕçсĕр тăрса юлнисем нумай пулнине» палăртса, хаçат çапла çырать: «шалти тата тулашри рынока парусене çĕр каçмасте ерĕ улшăнасан, ун пек шăпа ытти предприятисене те пырса тивет».

### ИТАЛИРИ ĔÇÇЫННИСЕМ ХĂЙСЕН ПРАВИСЕМШĔН КĔРЕШЕÇÇĔ

РИМ, январĕн 4-мĕшĕ. (ТАСС). «Унита» хаçат çапла пĕлтерет: декабрĕн 30-мĕшĕпе 31-мĕшĕнче, январĕн 2-мĕшĕпе 3-мĕшĕсенче Терни хулинчи «Терни» ятлă компанин металлурги предприятийĕсенчи служащисемпе рабочисем, çав предприятисенчи 700 рабочие ĕçрен кăларса яние хирĕç протестлесе, куние ишер сехет ĕçшипе забастовка турĕç.

## Бразилири миршĕн тăракансен юхăмĕн Наци комитечĕ Элиза Бранкона саламлать

МОНТЕВИДЕО, январĕн 4-мĕшĕ. (ТАСС). Элиза Бранкона «Халăхсем хушшинчи мире çирĕплетнĕшĕн» Пĕтĕм тĕнчери Сталинла премии памалла тунă ятпа, Бразилири «Импренса популар» хаçат çапла пĕлтерет: Бразилири миршĕн тăракансен юхăмĕн Наци комитечĕ пĕтĕмпине пичетлесе кăларнă. Элиза Бранкона «Халăхсем хушшинчи мире çирĕплетнĕшĕн» Пĕтĕм тĕнчери Сталинла премии памалла тунă, тенĕ пĕлтерниче, Бразилири миршĕн тăракансен юхăмĕн Наци комитечĕн те пысăк чыс пулса тăрать. Бразилин иккĕмĕш представителĕ çитĕ Сталинла премие илне тивĕçлĕ пулчĕ, тенĕ пĕлтерниче. Вăл премие чи малтан Жоржи Амадута панăччĕ. Элиза Бранко, тенĕ малалла пĕлтернинче, миршĕн хăюллăн та паттăррăн кĕрешекен çын. Элиза Бранко Сан-Паулори урамра, пирĕн çĕршыври мĕнпур ача амăшĕсен шухăш-ĕмĕтне палăртса, «Салтаксем, пирĕн ывăлсем, Корейăна каймăç» тесе çырнă плакат çĕклесен, пĕтĕм Бразили халăхĕн шухăш-кăмăлне палăртрĕ.

Тĕрме çак геройньăн шухăш-кăмăлне хуçаймарĕ. Тĕрмерен ирĕке кăларнă хыççăн, Элиза Бранко хăйĕн пĕтĕм вăй-халĕпе халăх массисен вилалухĕне ÿстерес ĕçре пачĕ. Мир идейисене халăх хушшинче сарас шутпа, çĕршыва пур кĕтесĕсенче тенĕ пекех пулчĕ.

Сталинла премии памалла туни — Элиза Бранкона чыс туни кăна мар, миршĕн пыракан кĕрешÿре пулăшакан Бразили хĕрарăмĕсене те пысăк чыс туни пулать. Элиза Бранкона премии памалла тунине Бразилири миршĕн тăракансем хăйсен программипе — пĕтĕм тĕнчери мире сыхлас хăвармалли программăна— пурнăçа кĕртес çĕрте тунă питĕ пысăк ĕç выранне хурса хаклассĕ. Вăл программа пурнăçа кĕртессишĕн чи аша шухăш-туйăмне палăртса тăрать.

## Финляндири ĕççыннисем пурнăç условийĕсене лайăхлатассишĕн кĕрешессĕ

ХЕЛЬСИНКИ, январĕн 5-мĕшĕ. (ТАСС). Çак кунсенче Хельсинкире хулари литейщиксен профсоюз организацийĕн членĕсен пухăвĕ пулса иртнĕ. Пуху ĕçсĕрлĕх çинчен, пурăнмалли çуртсем ситменни çинчен тата Финляндире вăрçа хатĕрленни çинчен тăракан ыйтусене сутсе явнă. Пухура çĕршывра мĕнпур рабочисене чĕнсе каланине йышăннă. Чĕнсе калани-на çапла калана: Финляндин экономикăллă лару-тăрăвĕ пирки пăшăрханмалла, заводсене хупассĕ, рабочисене ирĕксĕрех отпуск парса ĕçрен кăларса яраççĕ е эрнере кашни кун ĕçлемелле мар ĕçе куçарассĕ. Çавна пула ĕçсĕр ытлашши çынсем ÿссе, ĕç укçи чакать тата пурнăç условийĕсем начарланассĕ. Строительство материалĕсемпе ĕç вăйĕ ытлашши пулни те, пурăнмалли çуртсем строительствине чарăнса ларнăпа пĕрех. Çакна укçа-тенкĕ çителĕксĕр тенипе тÿрре кăларма çук. Çăмахран, реактивлă самолетсем туянма тата резервистсен маневрĕсене ирттерме укçа тупăннă.

Чĕнсе каланинче çавăн пекех çĕршыва мемуарлă литература, хаçатсемпе радио урлă вăрçа пропаганди тăвассине вăйлатса пынине палăртнă.

Литейщиксен рабочисене хăйсен вăйĕсене пĕрлештерме тата хăрушлăха сирсе ярас тесе ĕççыннисен массăллă юхăмне вăйлатма чĕнсе каланă. Литейщиксем ĕççыннисене хăйсем чĕнсе каланине предприятисенче профсоюз организацийĕсене сутсе явма тата решенисем йышăнма чĕнессĕ.

## Канадăри ĕççыннисен пурнăçĕ начар

ОТТАВА, январĕн 5-мĕшĕ. (ТАСС). Канада халăхĕ çĕнĕ çула экономикăри пысăк йывăрлăхсемпе кĕтсе илнĕ. Çар расхочĕсем нумай ÿснипе пула, ĕççыннисен пурнăçĕ начарланса пырать. Налогсем, тавар хакĕсем ÿсессĕ. ĕççыннисен пурнăç условийĕсем начарланассĕ. Чухăнлăх тата выçăпа вилни—нумай çемьесен инкекĕ.

Канадăри профсоюзсен шутласа пăхнă тăрăх, ĕççыннисен 80 процентĕ илекен ĕç укçи пурăнма ситмест.

Монреаль хулинче тухса тăракан «Стар» хаçат нумаях пулмасть çапла çырнă: «Выçлăх пирки майĕпен вилĕм çитни Монреаль хулинчи нумай çемьесен шăпи пулса тăрать, мĕншĕн тесен вĕсем хваттершĕн тÿлеме тата кирлĕ таран продуктсем илме укça тупаймассĕ».

Канадăри пиншер рабочисен çемйисем иксĕлсе патне çитнĕ, таса мар çуртсенче тата пÿлĕмре питĕ нумайăн пурăнассĕ. Канадăри пысăк хуласенчен нумайăшĕнче официаллă йĕркепе питĕ япăх çуртсен шутне кĕртнĕ районсем пур. Çакăн пек япăх çурт-йĕрсемшĕн те Канадăри ĕççыннисен хваттер укçи нумай тÿлеме тивет.

Канадăра ĕç тупайманнисен хисепĕ ÿссех пырать. Хальхи вăхăтра ку çĕршывра ĕç тупайманнине официаллă йĕркепе регистрацилене рабочисен хисепĕ 400 пин çынна çитет. Ĕç тупайманнисен хисепĕ ÿссе пырать.

## Данири çамрăксем хушшинче преступлени тăвасси ÿссе пырать

КОПЕНГАГЕН, январĕн 5-мĕшĕ. (ТАСС). «Национальтиденде» хаçат çамрăксем хушшинче преступлени туни нумайланса пынине кăтартса парать. 1952 çулта, унченхи çулпа танлаштарсан, Данири арçын ачасем 18 çула çитиччен тунă преступленисен хисепĕ 15 процент, хĕрачасем хушшинче—9 процент ÿснĕ. Вăрласси, çаратасси, сексуаллă ĕçпе çыхăннă преступленисем тăвасси, сынна вĕлересси час-часах пулать. 1952 çулта шкулсенчен тата кĕсе лармалли пÿлĕмсенчен япаласем вăрланин 40 процент нумайрах пулнă.

Хаçат çакна йышăнать: Данири çамрăксем хушшинче преступлени тăвасси ÿсне пынин Америкăн гангстера фильмĕсенчен, Америкăн асăнлă журналĕсенчен тата «Америкăри пурнăç çинчен» çырнă кĕнекесенчен нумай килет. Çамрăксем преступлени тăвасси ÿсне пыни Данишĕн кăна мар, Хĕвеланăç Европăри ытти çĕршывсемшĕн те пысăк ыйту пулса тăнине палăртса, хаçат çапла çырать: «Хальхи çамрăксен сексуаллă тата садизм шухăшне тунă ÿкерчĕксен курса ÿснĕ. Кинотеатра нумай хутчен çÿресе асăннă фильмсене пăх тăмасăр пăхни çамрăксен шухăш-кăмăлне пăснă. Юлашки çулсенче садистла фильмсем нумай кăларнă. Асаплантарнине кăтартса паракан кадрсем халĕ кинофильмсен уйрăмлăхĕ пулса тăнă. Ковбойсем çинчен ÿкерчĕ ĕлĕкхи фильмсене те халĕ садизм шухăшне сыхăнтарнă».

## США конгресĕн сессийĕ уçăлни

ВАШИНГТОН, январĕн 4-мĕшĕ. (ТАСС). Ĕнер Вашингтонра США конгресĕн сессийĕ уçăлнă.

Сенăрен (83-мĕш хут) суйлани конгресăн икĕ палатинче те республиканецсем ытларах: сенатра 48 республиканец (сенат председателĕпе Никсон вице-президента шутламан), 47 демократ тата нимĕн пăхăнман текен пĕр çын (Морсе сенатор) пур.

Представительсен палатинче — 221 республиканец, 211 демократ, «никама пăхăнман» 1 çын (Огайо штатĕнчен суйланнă Френзьер Римс) пур. Палатăн икĕ членĕ нумай пулмасть вилнĕ пирки икĕ вырăн пушах.

Иртнĕ вăхăтри конгресра пулнă пекех, ку конгресра та республиканецсен тата демократсен пĕрлешÿĕ тăнать. Çав пĕрлешÿĕ хăйĕн тĕп вырăнне. Конгресăн тĕрлĕ комисси председателĕсен вырăнĕсене иртнĕ конгресри пек демократсем мар, республиканецсем йышанасĕ. Республиканецсем хушшинче Тафт ушкăнĕ вăйларах пулни курăнать. Тафт ушкăнĕ, тĕпрен илсен, Вăтам Хĕвеланăçĕнчи штатсен представителĕсенчен тăрать.

Хаçатсем пĕлтернĕ тăрăх, Тафт сенатор сенатри ытларахăшĕн лидерĕ пулса тăнасшăн пуçне, сенатăн ют çĕршыв ĕçĕсем енĕпе ĕçлекен комисси членĕ пулма шутланать. Çапла майпа вăл хăйне валли вырăн тупнă. Çав вырăна йышанса, Тафт Пĕрлешÿллĕ Штатсен тулашри политики çине пысăк влияни пама пултарать.

Палатăсен январĕн 3-мĕшĕнче пулнă ларăвĕсене, тĕпрен илсен, ларусенче ĕç йĕркипе сыхăннă ыйтусем пирки ирттернĕ. Маларах пĕлтернĕ тăрăх, сенат хăйĕн председатель пулма вăхăтлăха Бриджесс сенатора суйланă, представительсен палати хăйĕн председателĕ пулма Мартин республиканеца суйланă.

## Хĕвеланăç Германири полицин çĕнĕ провокацийĕ

БЕРЛИН, январĕн 4-мĕшĕ. (ТАСС). АДН агентстви çапла пĕлтерет:

Январĕн 2-мĕшĕнчи каçхине Хĕвеланăç Берлинри полици çĕнĕ провокаци тунă. Берлинăн Англи çарĕсен оккупацилесе тăракан секторĕнче вырнаçнă Симменсштадт чугун çул станцийĕнче Хĕвеланăç Берлин полицийĕн служащийĕсем Берлин транспорт полицийĕнчи виçĕ служащийе законсăр арестленĕ. Вăл служащисем преступниксене йĕрленĕ пулнă. Транспорт полицийĕн виçĕ служащийне çакаса тăма ушнă, мĕншĕн тесен Симменсштадт—Юнгфернхейде участокĕнче 60 метр тăршшĕ пăхăр пралук вăрлани тупăннă пулнă. Симменсштадт станцийĕ патне пымалли çул çинче полици хĕçпăшалллă 12 служащийе вăрлана сиенлĕ служебнăй уйăрма пырса кĕнĕ, халăх полицийĕн служащийĕсене арестленĕ.

## Шахмат чемпионачĕнче

Шахмат чемпионачĕн тăваттăмĕш вăйăине халичченхи малтан пынă В. Федоров малтанхи хут Сиротина выляса янă. Республика чемпионĕ В. Сергиевский Соловьевран выляса илнĕ. Смирновпа Кочетков хушшинчи вăйă йăпкам çĕнтерменнипе вĕçленнĕ. Никитин—Николаевран, Гуляев—Андреевран, П. Федоров—Егоровран, Дерягин—Романовран выляса илнĕ.

Виççĕмĕш вăйăра вĕçлемен партисене выляса пĕтерни чылай улшăнусем тума май панă. Никитин—Кочетковран, Сергиевский—Сиротинран выляса илнĕ. Яснопольский Андреева çĕнтерсе пĕр очко илнĕ. Никитинпа Андреев хушшинчи вăйă йăпкам çĕнтерменнипе вĕçленнĕ. Смирнов Гуляевран выляса илнĕ, Соловьева выляса янă, вăл Кочеткова выляса йăпкам çĕнтерменнипе вĕçленнĕ. Кочетков—Дерягинран, Егоров Яковлевран выляса илнĕ.

Тăватă вăйă хыççăн малти вырăнта республика чемпионĕ Сергиевский, пĕрремĕш разрядри шахматист Никитин, П. Федоров тата иккĕмĕш разрядри çамрăк шахматист Яснопольский. Вĕсен пурин те—$3^1/_2$-шер очко. Гуляева В. Федоровăн 3-шер очко, Сиротинăн $2^1/_2$ очко, Дерягинпа Смирновăн тата Егоровăн 2-шер очко, Егоровпа Соловьевăн $1^1/_2$ очко.

## Шкул ачисен хĕллехи спартакиади

Шупашкарта шкул ачисен хĕллехи спорт ăмăртăвĕсем пулса иртрĕç. Унта хулари 9 шкул команди хутшăнчĕ. Ăмăртусен программинче йĕлтĕрпе çÿресси, конькипе чупасси тата гимнастикăпа акробатика пулчĕç.

Малтанхи кун йĕлтĕрпе 10 километра ăмăртса чупрĕç. Çак дистанцие 39 минут та 33 секунтра чупса, иккĕмĕш шкулта вĕренекен В. Иванов мала тухрĕ. Иккĕмĕш вырăна В. Семенов, виççĕмĕш вырăна Сомкин тухрĕç. Виççĕшĕн результачĕсем те иккĕмĕш разряд нормисенчен лайăхрах. Хĕрачасен виçĕ километра ăмăртса чупрĕç. Çав дистанцие 16 минут чупса Н. Николаева мала тухрĕ.

18 километр ăмăртса чупса арçын ачасем хушшинче каллех В. Иванов мала тухрĕ. Хĕрачасем хушшинче 5 километрлă дистанцинче Н. Николаева пĕрремĕш вырăн йышăнчĕ. Йĕлтĕрпе чупакансен спорт классификацин иккĕмĕш разряд нормине 7 çын, виççĕмĕш разряд нормине—13, çамрăксен виççĕмĕш разряд нормине 28 çын тултарчĕ.

Е. Бураков конькипе 500 метра 56 секундра чупса тухрĕ. Вăлах 1.500 метр хăйĕн ăмăртура малти вырăна йышăнчĕ. 3.000 метрлă дистанцие 6 минут та 34 секундра чупса тухса В. Ильин малăн тĕслĕх кăтартрĕ. Хĕрачасем хушшинче конькипе чупас енĕпе 5-мĕш шкулта вĕренекен Нонна Шемелева малти вырăна йышăнчĕ.

Хулари шкулсенче вĕренекен ачасен сборнăй команди республикăри шкул ачисен хĕллехи спартакиадине хутшăнать.

### ХОККЕЙ ВĂЙИНЕ ХУЛАРА МАЛА ТУХАССИШĔН

Иртнĕ вырсарникун хоккей вăййине Шупашкарта мала тухассишĕн Чапаевски поселок командипе «Молния» спорт обществин команди тĕл пулса вылярĕç.

Вăйă 3:3 шутпа пĕтрĕ. Хоккей вăййипе Шупашкарта мала тухассишĕн ирттерекен ăмăртура «Спартак» тата «Динамо» спорт обществисен командисем малта пырассĕ.

## Культурăлла ĕçсем хыпарсем

★ **Фотокружок ĕçлет.** Патăрьелĕнчи педагогика училищинче фотокружок ĕçлет. Унта 15 çын вĕренет. Кружока Н. Петров преподаватель ертсе пырать.

★ **Шахмат турнирĕ.** Шупашкарта колхоза кадрĕсем вĕрентсе хатĕрлекен ялхуçалăх шкулĕнче шахмат турнирĕ пырать. Турнира 17 çын хутшăннă.

★ **Çĕнĕ библиотека.** Шупашкар районĕнчи Мичурин ячĕпе тăракан колхоза çĕнĕ библиотека уçса палăртнă. Библиотекăра валли 1.200 кĕнеке ытла туяннă.

★ **Вулакансен конференцийĕ.** Елчĕк районĕнчи Çĕнĕ Пăвари вăтам шкулта библиотекăра А. Артемьевăн «Хĕрлĕ Сăлтăр» кĕнеки тăрăх вулакансен конференцийе ирттернĕ. Конференцие 12 вулакан тухса каларĕ.

## Кашни килте—радио

СОВЕТСКИ. Пĕрлешсе пысăкланнă Киров ячĕпе тăракан колхоз членĕсен пурнăçĕ çултан-çул лайăхланать, культурăллă шăйĕ ÿсет.

Колхоз çак кунсенче пысăк радиоузел туса пĕтернĕ. 220 килĕ тата общественнăй çуртсене радио кĕртнĕ. Халĕ колхозри кашни килтех радио каласать.

Колхозниксем республика столицинчен тата Мускавран паракан хыпарсене илтессĕ.

Я. СИГАН.

Редактор В. Я. ЯКОВЛЕВ.

РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—3-99, ответлă секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—5-74, парти пурнăç пайĕ—3-99, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—3-61, совет строительстви пайĕ—3-61, çырусен пайĕ 7-32, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 00909 Типографи №1 Чувашполиграфиздата. Тираж 20.000 экз.